ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

ВКП(б) Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1952 çул
Май
28
юнкун
№ 105 (8757)
Хакĕ 20 пус.
35-мĕш çул тухать.



## Парти пухăвĕсен воспитаниллĕ пĕлтерĕшĕ

Парти пухăвĕ пуçламăш парторганизацин чи аслă органĕ тата коммунистсене большевикла воспитани памалли шкул пулса тăрать. Пуху пуçламăш парторганизацин шалти ĕçĕсене вăйлатас тĕлĕшпе те пысăк вырăн йышăнать. Парти пурнăçĕн тĕп ыйтăвĕсене пухусенче сӳтсе явса, коммунистсем кирек хăш ыйтăва та парти хушнă пек татса пама, большевикла принциплăха çирĕп тытса пыма вĕренеççĕ, партипе государство интересĕсене тарăнрах ăнланса илеççĕ, идейăпа политика тĕлĕшĕнчен пиçĕхеççĕ, йĕркелĕхпе дисциплинăна çирĕп тытса пыма хăнăхаççĕ.

Критикăпа самокритикăна анлăн сарса ирттернĕ пуху парторганизацин ĕçне лайăхлатма пулăшать, коммунистсен идейăллă-политикăллă шайне тата ăнланулăхне ӳстерет. Халĕ, ĕçсыннисене воспитани парасси парторганизацисен ĕçĕнче чи малти вырăнта тăнă вăхăтра, коммунистсен пухăвĕсене ирттересси тата вĕсен воспитаниллĕ пĕлтерĕшне ӳстересси çине парти уйрăмах тимлĕ пăхма хушать.

ВКП(б) Чăваш обкомĕн VIII-мĕш пленумĕ республикăри парторганизацисенче парти пухăвĕсене тăтăшах ирттерменнине тата ирттерекен пухусенче критикăпа самокритика çителĕксĕр пулнине кăтартса панăччĕ. Хăшпĕр парторганизацисенче пухусем ирттерме пачах хатĕрленмен, çавăн пирки чылай пухусенче рядовой коммунистсем тухса каламан, тепĕр чухне пухусене ячĕ пултăр тесе çеç ирттернĕ.

Обком пленумĕ кăтартса панă çитменлĕхсене пĕтерсе, республикăри нумай пуçламăш парторганизацисем парти пухăвĕсене тĕплĕ хатĕрлесе, йĕркеллĕ ирттерме пуçларĕç. Çакă вара парти пухăвĕсен воспитаниллĕ пĕлтерĕшне чылай ӳстерчĕ.

Чкаловски районĕнчи пуçламăш парторганизацисенче пурнинче те кăçал кашни уйăхрах парти пухăвĕсене икшер хут ирттернĕ. Районти колхозсенчи парторганизацисем уçă пухусем те тăтăшах ирттереççĕ. Пухусенче коммунистсен активлăхĕ ӳсрĕ, парти членĕсемпе кандидачĕсен пысăкрах пайĕ пухура сӳтсе явакан ыйтусене хатĕрлес ĕçе активлă хутшăнать.

Пуçламăш парторганизацисенче парти пухăвĕсем ирттерессине ВКП(б) Комсомольски, Сĕнтĕр тата ытти чылай райкомсем те лайăхлатрĕç. Çапах та обком пленумĕ кăтартса панă çитменлĕхсене уйрăм райкомсем халĕ те пĕтермен-ха. Советски районĕнчи нумай пуçламăш парторганизацисенче парти пухăвĕсене кашни уйăхра ирттермеççĕ, уйрăм организацисенче, сăмахран, Горький ячĕпе, Чкалов ячĕпе тăракан, «За коммунизм» колхозсенчи парторганизацисенче кăçалхи тăватă уйăх хушшинче икшер пуху кăна ирттернĕ. «Победа» тата «Красное Сормово» колхозсенчи парторганизацисенче, пухусене ирттерме тĕплĕ хатĕрленмен пирки, вĕсем критикăпа самокритикăсăр иртеççĕ, коммунистсем те хăйсен активлăхне палăртмаççĕ. Пухусенче йышăнакан решенисем конкретлă мар, сӳтсе явакан ыйтусене тĕплĕн татса памаççĕ.

Парти пухăвĕсен воспитаниллĕ пĕлтерĕшне ӳстересси вĕсенче сӳтсе явма парторганизаци пурнăçĕшĕн чи кирлĕ ыйтусене суйласа илме пĕлнинчен нумай килет. Пуху кун йĕркинче коммунистсене хумхантаракан ыйтусем тата хуçалăхăпа политикăллă ĕçсен тĕп ыйтăвĕсем пулмалла. Кун йĕркинче çавăн пек ыйтусем пулсан тата вĕсене политика тĕлĕшĕнчен çивĕччĕн лартсан, паллах ĕнтĕ, пухусенче коммунистсен активлăхĕ пысăк пулать, пуху та лайăх иртет.

Анчах чылай парторганизацисем часчасах парти пухăвĕсенче парторганизаци пурнăçĕнчи тĕп ыйтусене мар, вак-тĕвек ыйтусене ытларах сӳтсе яваççĕ. Хăшпĕр райкомсемпе хула комитечĕсем халĕ те парти пухăвĕсенче хăйсем сĕннĕ ыйтусене çеç сӳтсе явтарасшăн. Çавнашкал йĕрке пуçламăш парторганизацисен пуçарулăхне ӳстерме кансĕрлет.

Парти пухăвĕсен кун йĕркинче производство ыйтăвĕсем пысăк вырăн йышăнса тăма тивĕç. Хуçалăх планĕпе государство заданийĕсене пурнăçласси, ĕç тухăçлăхне ӳстересси тата ытти çавнашкал ыйтусене тăтăшах сӳтсе явсан кăна пуçламăш парторганизацисем предприяти, колхоз тата МТС ĕçĕсенче хăйсен влиянине вăйлатма пултараççĕ.

Кунпа пĕрлех çакна астумалла: пуçламăш парторганизацисем предприяти е колхоз ĕçĕпе çыхăнса тăракан ыйтусене сӳтсе явнипех çырлахма пултараймаççĕ. Кашни коммунист районти е хулари парторганизаци умĕнче тăракан задачăсене пĕлсе тăтăр тата вĕсене ĕçре активлă пурнăçласа пытăр тесе, парти пухăвĕсенче парти комитечĕсен пленумĕсем, парти активĕн пухăвĕсем тата партин ертсе пыракан аслă органĕсем йышăннă решенисем çинчен сӳтсе явмалла.

Парти пухăвĕсенче партипе правительство решенийĕсем çинчен сӳтсе явни коммунистсене воспитани парас ĕçре уйрăмах пысăк вырăн йышăнса тăрать. Çав пухусенче парторганизаци парти кăтартăвĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе конкретлă ĕçсем тума тата партипе правительство постановленийĕсене пурнăçлассишĕн кĕрешме коммунистсене тата мĕнпур ĕçсыннисене мобилизацилеме мĕн тумаллине палăртать.

Парти пухăвĕ çулти пусăмра иртесси тата кун йĕркинчи ыйтусене сӳтсе явма коммунистсене пурне те хутшăнтарасси пухăва ирттерме малтанах тĕплĕн хатĕрленнинчен килет. Çак ĕç çине тимлĕ пăхма кирли çинчен парти яланах астутарса тăрать. Пуху валли доклад хатĕрлесси те пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать. Пухура критикăпа самокритика анлă сарăласси тата коммунистсен активлăхне ӳстересси доклад содержанийĕ мĕнле пулнинчен нумай килет.

Практика çакна кăтартса парать: коммунистсен активлăхне ӳстермелли паха меслет вăл—пухăва хатĕрлеме, кун йĕркинчи ыйтусене тĕпчесе вĕренме, решенисем хатĕрлеме тата йышăннă решенисене пурнăçланине тĕрĕслеме актива анлă хутшăнтарни пулать. Çаксем вĕсем пурте пухусен воспитаниллĕ пĕлтерĕшне ӳстереççĕ.

Парти пухăвĕ—критикăпа самокритикăна анлă сармалли трибуна. Партин ертсе пыракан кашни руководителĕн тивĕçĕ—критикăпа самокритикăна сарма пур майсемпе те пулăшасси пулать. Пухусенче коммунистсем çитменлĕхсем çинчен, уйрăм юлташсен йăнăшĕсем çинчен, вĕсем кам пулнине пăхмасăр, хăюллăн калама пултарччăр, критика коммунистсене воспитани пама пулăштăр. Çавăнпа та докладчиксен те ыйтăва çивĕч кăларса тăратмалла, ĕçри çитменлĕхсене хăюллăн палăртмалла. Парти пухăвĕн кун йĕркинче тăракан ыйтусене сӳтсе явни коммунистсене большевикла партилĕхпе принциплăха çирĕп тытса пыма вĕрентмелле, вырăнти практикăллă ĕçсем пирĕн партин политикипе тата решенийĕсемпе тачă çыхăнса тănине лайăх ăнланса илме пулăшмалла.

Сталин юлташ çапла вĕрентет: парти массисен активлăхне вăйлатас тени вăл—«...вĕсем умне сӳтсе явма вĕсене интереслентерекен пур ыйтусене те, çав ыйтусене уççăн сӳтсе явма юрать пулсан, кăларса тăратмалла, парти инстанцийĕсен мĕнпур тата пĕтĕм сĕнĕвĕсене ирĕклĕн критиклеме майсем туса памалла. Мĕншĕн тесен çавăн пек тусан кăна парти дисциплинине чăн-чăн ăнланулă, чăн-чăн хурçă пек çирĕп дисциплина туса хума пулать, мĕншĕн тесен çавăн пек тусан кăна парти массисен политикăллă, хуçалăхлă тата культурăллă опытне ӳстерме пулать, мĕншĕн тесен çавăн пек тусан кăна парти массисем хушшинчен активлă çĕнĕ работниксене, çĕнĕ руководительсене утăм хыççăн утăм ӳстерсе пыма кирлĕ условисене хатĕрлеме пулать».

Парти пухăвĕсем парторганизаци пурнăçĕ çине влияни парса тăрасси, коммунистсен активлăхне ӳстерме пулăшасси йышăннă решенисене вителĕ пулнинчен килет. Парторганизаци секретарĕсен кашни пухурах унччен йышăннă решенисене мĕнле пурнăçлани çинчен коммунистсене каласа памалла.

ВКП(б) райкомĕсемпе хула комитечĕсен пуçламăш парторганизацисенче парти пухăвĕсене ирттерес ĕçе ертсе пырассине лайăхлатмалла, пухусене пур çĕрте те тăтăшах тата лайăх хатĕрленсе ирттермелле, пухусенче сӳтсе явакан ыйтусене малтанах тĕплĕн хатĕрлемелле. Парти пухăвĕсен воспитаниллĕ пĕлтерĕшне ӳстерсе, партиллĕ-организацилле тата партиллĕ-политикăллă ĕçсене куллен вăйлатмалла.

## Иосиф Виссарионович СТАЛИН Генералиссимуса

### СССР Министрĕсен Совечĕн Председательне

Мускав, Кремль.

Варшавăра Культурăпа Наукăн çӳлĕ çуртне лартасси çинчен Польшăпа Совет Союзĕ килĕшӳ тунă май, Польшăри Наука Академийĕн Президиумĕ, 1952 çулхи майăн 24-мĕшĕнче хăйĕн малтанхи ларăвне пухăннăскер, Совет Халăхĕ тăванла кăмăлласа парне панăшăн Сире чĕререн тав тăвать.

Совет Союзĕ Польшăна ирĕке кăларнăранпа пирĕн халăхсем хушшинчи тачă çыхăну тата ĕмĕрлĕх туслăх çултан-çул ытларах тĕрекленсе пырать. Çакă çыхăнупа туслăх çĕнĕ обществăллă строй пурнăçласа пыракан пĕтĕмĕшлĕ идеалсем мирлĕ строительство çинче тата миршĕн пĕрлешсе кĕрешни çинче никĕсленсе тăраççĕ. Çак историллĕ процесра çутçанталăк вăйĕсене этем хăйне пăхăнтармалли хĕçпăшал, социализм обществи тумалли хĕçпăшал пулса тăракан творчествăллă прогрессивлăй пысăк наукăн пĕлтерĕшĕ ӳссе пырать. Совет науки—тĕнчери чи малта пыракан наука—тĕнчери мĕнпур прогрессивлăй ученăйсен мухтавлăхĕ пулса тăрать.

Эпир Польшăри Наука Академийĕн—Польша республикин аслă научнăй учрежденийĕн—Культурăпа Наука дворецĕнче, совет çыннисен творчествăллă шухăшĕпе ĕçне палăртса тăракан çуртра, ĕçлемелле пулнă пирки савăнатпăр.

Аркатакан вăйсемпе вăрçă вăйĕсем чăрмантарнине пăхмасăр, пирĕн столицăра Культурăпа Наука дворецĕ пулса тăрĕ, вăл пирĕн халăхсен мирлĕ строительствинчи творчествăллă вăйĕсен, вĕсен туслăхĕн, вĕсен пĕтĕмĕшлĕ идеалĕсен символĕ пулса тăрĕ. Çаксем вĕсем пурте Сирĕнте палăрса тăраççĕ, çаксене пурне те Эсир пурнăçлатăр.

Польшăри Наука Академийĕн Президиумĕ хушнипе

Польша Наука Академийĕн Президенчĕ Ян ДЕМБОВСКИЙ.
Польшăри Наука Академийĕн ученăй секретарĕ Станислав МАЗУР.

## Колхозсем çимĕç йывăççисем лартмалли плана ирттерсе тултарнă

Çĕршыври колхозсем кăçал çуркунне садсенче çимĕç йывăççисем лартмалли плана 110 процент тултарнă. Украинăра çĕнĕрен садсем нумай тунă. Унти колхозсем кăçал çуркунне çĕнĕрен 13 пин гектар сад тума йывăççем лартнă. Узбекистанри колхозсем çимĕç йывăççисем лартмалли çулталăкри плана 136 процент тултарнă, çĕнĕрен 4 пин гектар çинче улма-çырла йывăççисем лартнă. Çавăн пекех Краснодар крайĕ те çулталăкри плана ирттерсе тултарнă. Унта çĕнĕрен 3 пин гектар сад тунă.

Питомниксем колхозсемпе совхозсене лартмалли çамрăк çимĕç йывăççисем, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, 6—7 миллион штук ытларах параççĕ. Питомниксенче тĕрлĕ йышши çимĕç йывăççисем çитĕнтереççĕ. Уйрăмах И. В. Мичурин ĕрчетсе кăларнă çĕнĕ сортсене ытларах ĕрчетме тăрăшаççĕ. (ТАСС).

## Виçĕ республика ăмăртăвĕ

Колхозсемпе МТС-сем майăн 25-мĕшĕ тĕлне ялхуçалăх ĕçĕсен планне çакăн чухлĕ тултарнă (процентпа):

| | Мордва АССР-ĕ | Мари АССР-ĕ | Чăваш АССР-ĕ |
|---|---|---|---|
| Çуртрисем акнă | 91,2 | 73,0 | 92,8 |
| Йĕтĕн акнă | — | 53,1 | 75,3 |
| Кантăр акнă | 84,3 | — | 54,8 |
| Пĕр çул ӳсекен курăксем | 86,9 | 31,1 | 89,9 |
| Тымарçимĕçсем | 90,8 | 55,0 | 95,0 |
| Силос тумалли культурăсем | 72,7 | 59,0 | 96,3 |
| Çĕрулми лартнă | 67,5 | 27,3 | 69,9 |

## СОВЕТ СОЮЗĔ ТĂРĂХ

Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх наукисен В. И. Ленин ячĕпе тăракан академийĕн ӳсентăрансене хурт-кăпшанкăсемпе чиртен сыхлас тĕлĕшпе ĕçлекен станци пур. Çак станци тырпула шăварса ӳстерекен вырăнсенче ялхуçалăх культурисене чиртен сыхламалли шанчăклă майсем тупас тĕлĕшпе ĕçлет.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: станци лабораторийĕнче. Биологи наукисен докторĕ профессор М. В. Горленко (сулахайри) тата биологи наукисен кандидачĕ И. В. Воронкович ӳсентăрансен чирĕсене сăнаса пăхаççĕ.

В. ШАРОВСКИЙ фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

## Канал тăрăх пăрахутсем çӳреме пуçлас умĕн

ДОН çинчи КАЛАЧ, майăн 26-мĕшĕ. (ТАСС). Атăлпа Дон хушшинчи суднăсем çӳремелли канал строительствин участокĕсенчен кашни кунах механизаторсем, бетонщиксем тата монтажниксем пысăк çитĕнӳсем туни çинчен пĕлтереççĕ.

Атăлпа Дон хушшинчи канал тăрăх пăрахутсем çӳреме пуçлас умĕнхи кунсенче Варваровски гидроузелăн вуннăмĕш шлюзне тăвакансем хĕрӳллĕ ĕçлеççĕ. Çак шлюз Варваровски водохранилищĕне Береславски водохранилищĕпе пĕрлештерет. Кунта çĕр чавмалли ĕçсене туса пĕтерчĕ, бетон хурас ĕç вĕçленсе пырать. Цимлянски тинĕс маяк оборудованине вырнаçтарса пĕтереççĕ. Кунта çĕршер рабочисем сменăри задание ирттерсе тултараççĕ.

Красноармейски районти строительсем пысăк çĕкленӳпе ĕçлеççĕ. Кунта Дон шывĕпе Атăл шывĕ пĕрлешмелле. Атăл енчен канала кĕмелли вырăна тата пĕрремĕш шлюз камерине шыв тултараççĕ. Иккĕмĕшпе виççĕмĕш шлюзсене те шыв тултарма хатĕрлесе çитернĕ.

Карповски, Мариновски тата Варваровски насус станцийĕсем пĕтĕм хăвачĕпе ĕçлеççĕ. Вĕсен вунă агрегат ĕçлет. Çак агрегатсем талăкра Дон шывне 4 миллион кубометра яхăн уçласа хăпартаççĕ. Хăватлă насуссемпе уçлакан шыв Дон шывĕн шайĕпе танлаштарсан 44 метр, Атăл шывĕн шайĕпе танлаштарсан 88 метр çӳле хăпарать.

Канал тăрăх пăрахутсем çӳреме пуçламалли вăхăт çитсе килет. Капитансемпе лоцмансем сооруженисене сăнаса пăхаççĕ, канала шыв тулнине сăнаççĕ тата пăрахутсем çӳремелли çĕнĕ çула тĕпчесе вĕренеççĕ. Канал тăрăх Береславски водохранилищĕне çитиччен катерсем çӳреççĕ.

## Вăрманти поселоксенче çĕнĕрен 100 шкул уçаççĕ

СССР Вăрман промышленность министерстви вăрман хатĕрлекен тата ытти предприятисенче ĕçлекенсен ачисене вĕрентмелли 100 шкул валли çуртсем лартма тытăннă. Çĕнĕ шкулсене Карело-Финн ССР-ĕнчи, Архангельск тата Вологда облаçĕсенчи, Коми АССР-ĕнчи, Уралти, Хĕвеланăç Çĕнĕрпе Хĕвелтухăç Çĕпĕрти вăрманти поселоксенче лартаççĕ. (ТАСС).

# Пирĕн сăмах—çирĕп сăмах

*Сталин ячĕпе тăракан колхоз председателĕ, Социализмлă Ĕç Геройĕ С. К. Коротков юлташ каласа пани*

1950 çулта пирĕн Кольцовкăри Сталин ячĕпе тăракан Ленин орденлĕ колхоз Зеленовкăри Ленин ячĕпе тăракан колхозпа пĕрлешрĕ. Эпир пĕлтĕр пĕрлешсе пысăкланнă колхоз условийĕнче пĕрремĕш çул ĕçлерĕмĕр. Тырпул тухăçлăхĕ тĕлĕшпе илсен, итогсем çапла пулчĕç: вăтам шутпа кашни гектартан тĕштырă, пăрçа йышши тата ытти культурăсем 23,24-шер центнер пухса кĕртрĕмĕр, вăл шутран ыраш 28 центнер, çурхи тулă 40 центнера яхăн тухрĕç.

Кольцовкăри тата пĕрлешиччен Ленин ячĕпе тăракан колхозри бригадăсен итогĕсене танлаштарса пăхсан, çакна куратпăр: Кольцовкăри бригадăсем гектар пуçне 32 центнер ытла тĕштырă пухса кĕртрĕç, Зеленовкăри бригадăсем вара гектартан 16 центнер кăна тырă туса илчĕç. Çак икĕ ялти бригадăсен ĕç условийĕсем пĕр майлах. Тырпул тухăçтăхĕ енĕпе пысăк уйрăмлăх пулни вăл пирĕнпе пĕрлешиччен Зеленовкăра çĕрĕç культури каярах тăнинчен килнĕ. Çакна та каласа хăвармалла: гектартан 16 центнер тĕштырă туса илессишĕн Зеленовкăри бригадăсен хытă тăрăшма лекнĕ, унсăрăн çавăн чухлĕ тухăçлăх илме май килмен пулнă пулĕччĕ. Чăнах та, çанталăк лайăх тăнă 1950 çулта та Зеленовкăри колхоз гектартан 13 центнертан мала ыраш туса илеймен, ытти ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ тата та пĕчĕкрех пулнă. Кунта пĕрлешиччен калчасене апат парас, сухалакан тăпра сийне тарăнлатас тĕлĕшпе пачах çителĕксĕр ĕçленĕ.

Тырпул ытларах пухса кĕртме пысăк резервсем пуррине шута илсе, эпир иртнĕ кĕркунне çакăн пек задача лартрăмăр: пĕрлешсе пысăкланнă колхозра кашни гектартан пухса илекен тырпул тухăçлăхне кăçал, 1951 çулхипе танлаштарсан, 35 процент ӳстермелле.

Хамăр ума лартнă задачăна пурнăçлама иртнĕ кĕркуннех тытăнтăмăр. Ыраша вăхăтра акса хăвартăмăр. Акас умĕн çĕртме уйне тислĕк нумай кăлартăмăр, ирхи çĕртме сухине мĕн ыраш акичченех таса тытса тăтăмăр. Хире тислĕк нумай кăларнине пула, Зеленовкăри бригадăсенче те сухалакан тăпра сийне 5—6 сантиметр, уйрăм вырăнсенче 10 сантиметр таран тарăнлатма пултартăмăр. Кĕркунне типĕ килчĕ пулин те, ыраш калчи хĕле лайăх кĕрсе юлчĕ. Çакă вăл агротехникăллă правилăсене колхозниксем лайăх пурнăçланине кăтартса парать.

Ял ĕçченĕсем хĕллехи вăхăтра пысăк ĕçсем туса ирттерчĕç. Çуна çулĕпе эпир уй-хирти складсене 1.100 тонна минераллă удобренисем кӳрсе хатĕрлерĕмĕр, хире 30 пин лав ытла тислĕк, пин лав юшкăн тата торф кăлартăмăр. Вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешӳре удобренисем ытларах хатĕрлесси мĕнпур колхозниксен чи çывăх ĕçĕ пулса тăчĕ. Вĕсем çураки валли паха та сортлă вăрлăхсем хатĕрлес тĕлĕшпе те ырми-канми ĕçлерĕç.

Çураки умĕнхи кунсенче, Сталин юлташ патне яма хатĕрлекен çырăва сӳтсе явнă чухне, пирĕн колхоз вăтам шутпа кашни гектартан 30 центнер тырпул пухса кĕртме обязательство илчĕ. Социализмлă Ĕç Геройĕсем А. Д. Ашанин, А. Ф. Доманин юлташсем ертсе пыракан уй-хир бригадисем гектар пуçне 40-шер центнер ыраш тата тулă çитĕнтерме сăмах пачĕç.

Çуркунне кăçал вăрăм килчĕ. Çуракине хăвăрт тата агротехника правилисене тĕрĕс пурнăçласа ирттерме уй-хир бригадисен тата механизаторсен нумай вăй хума тиврĕ.

Апрелĕн юлашки кунĕсенче бригадăсем калчасене апат пама тухрĕç. Сталин юлташ умĕнче илнĕ обязательствăсемпе хавхаланса, колхозниксем ĕç тухăçлăхне ӳстернĕçемĕн ӳстерсе пычĕç, кĕрхи тырă калчисене мĕнпур çĕр лаптăкĕ çинче виçĕ кун хушшинче апат парса пĕтерчĕç. Кашни гектар çине, калча мĕнлине кура, 5,5—7,5 центнер удобрени сапнă.

Колхозниксемпе колхозницăсем тăпрара ытларах нӳрĕ тытса хăварас тĕлĕшпе те хастарлă ĕçлерĕç. Колхоза ку енĕпе Социализмлă Ĕç Геройĕ И. Т. Пронькин юлташ ертсе пыракан трактор бригади лайăх пулăшрĕ. СТЗ-НАТИ тракторсенчен 18—20-шер сӳре кăкарса, вĕсем кĕрхи çĕртме пуссине виçĕ кун хушшинче сӳрелесе пачĕç.

Çуртрисене пĕтĕмпех кĕрхи çĕртме тунă пусăсене акса хăвартăмăр. Çĕртмене сентябрьпе октябрьте 30—35 сантиметр тарăнăш, предплужниклă плугсемпе сухаланă. Зеленовкăри бригадăсенче те сухалакан тăпра сийне чылай тарăнлатнă. Кашни гектар çине 5,5—6 центнер минераллă удобренисем кăларнă.

Механизаторсем çуртрисем акма культивацие хăвăрт туса пачĕç. Çурхи уй-хир ĕçĕсене тытăнас умĕн Пронькин юлташ бригади сменăри нормăсене 15 процентран кая мар ирттерсе тултарма пулнăччĕ. Механизаторсем хăйсен сăмахне ĕçпе çирĕплетрĕç. Виçĕ хутчен орденсемпе наградăланă Ф. Якимов, И. Доманин юлташсем тата ытти механизаторсем сменăра 39-шар гектар культиваци тăвас вырăнне 45-шер гектар турĕç. Ĕç пахалăхĕ лайăх пулчĕ. Механизаторсем икĕ сменăпа—кăнтăрла та, çĕрле те ĕçлерĕç.

Культиваци тунă хыççăн çийĕнчех акса пытăмăр. Çуртрисем акнă вăхăтра уй-хир бригадисенче сошниклă 20 сеялка ĕçлерĕ. Коммунистсемпе комсомолецсем пуçарнă социализмлă ăмăртура сеялкăсемпе акакансем пĕрипчен пĕри лайăх тĕслĕх кăтартрĕç. К. Саканин, Н. Саканин, Н. Суров, П. Хлянов, А. Катанаев коммунистсем, А. Клочков, П. Милицков, Н. Жарков, Г. Кашов, В. Палагин тата ытти юлташсем те кунсерен 8-шар гектар тата ытларах та акрĕç.

Ĕç тухăçлăхĕ пысăк пулнă вăхăтрах, эпир унăн пахалăхĕшĕн çине тăрса кĕрешрĕмĕр. Тырă акакансем акмалли нормăна тĕрĕс пурнăçласа пычĕç. Кашни гектар çине 2,25 центнер тулă, икшер центнер сĕлĕ тата пăрçа вăрлăхĕсем кĕртнĕ. Çак нормăсем вĕсем тырпула пĕр тикĕс шăтса тухма май параççĕ. Акас умĕн вăрлăхсене хĕвелпе ăшăтса кушăхтарнă, вутпуççисенчен тасатнă.

Ĕçе тĕрĕс организацилесе, хамăр вăйсемпе тата майсемпе тĕрĕс усă курса, колхоз тĕштырăсене кĕске вăхăтра, пысăк пахалăхпа акса хăварчĕ. Çак пархатарлă ĕçре парторганизаци массăллă-политикăллă ĕçе тимлĕ туса пыни тата социализмлă ăмăртăва анлă сарни пысăк вырăн йышăнчĕ.

Тĕштырăсем акса пĕтерне хыççăнах техникăллă тата пропашной культурăсем, пахча çимĕçсем акма-лартма тытăнтăмăр. Обществăллă хуçалăха малалла вăйлатса пырассишĕн кĕрешсе, колхозăн укçа-тенкĕ тупăшне икĕ миллиона çитерессишĕн тăрăшса, кăçал эпир, пĕлтĕрхипе танлаштарсан, пилĕк хут ытларах техникăллă культурăсем акса тăватпăр. Вĕсем 100 гектара яхăн йышăнаççĕ. Пĕтĕмпе эпир çĕрем ватса акса хăвартăмăр, ытти техникăллă культурăсем те лайăх участоксенче пулаççĕ.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх валли ытлăн-çитлĕн апат хатĕрлеме тăрăшатпăр. Çуртри пуссисене нумай çул ӳсекен курăксем 200 гектар акнă, выльăх кăшманĕ 28 гектар, выльăхсем валли лартнă çĕрулми лаптăкĕ 78 гектар йышăнаççĕ, силос тумалли культурăсем те чылай пулаççĕ.

Пирĕн уй-хирсенче çуртри калчисем вăйлă та тикĕс шăтса тухрĕç. Кĕрхи тырăсен калчисем те калама çук лайăх çитĕнеççĕ. Колхозниксемпе механизаторсем хăйсем тунă ĕç çине пăхса савăнаççĕ. Анчах вĕсем пĕр самантлăха та çакна манмаççĕ: вăйлă тырпулшăн пыракан кĕрешĕве пĕре те йăвашлатма юрамасть, тырпула çу тăршшĕпех лайăх пăхса ӳстермелле.

— Эпир Сталин юлташа сăмах панă, кирек мĕнле çанталăк пулас пулсан та вăйлă тырпул пухса кĕртме пулнă,— теççĕ колхозниксем.

Колхозниксен сăмахĕ — çирĕп сăмах. Вĕсем Тăван çĕршыв валли ытлăн-çитлĕн тырпул туса илессишĕн ырми-канми ĕçлеме пулаççĕ.

## Республикăри парти активĕн пухăвĕ

Ĕнер, майăн 27-мĕшĕнче, Шупашкарта Советсен çуртĕнче республикăри парти активĕн пухăвĕ уçăлчĕ.

Пухура «Республикăри промышленноçпа транспорт кăçалхи тăватă уйăх хушшинче ĕçленин итогĕсем çинчен тата çулталăкри плана тултармалли мерăсем çинчен» ВКП(б) обкомĕн секретарĕ Н. Никитин юлташ доклад турĕ. Ун хыççăн пренисем пуçланчĕç.

Пренире çак юлташсем тухса каларĕç: Захарцев (ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн членĕ), Кузьмин (Шупашкарти чăлха фабрики директорĕ), Лузин (Çĕмĕрлери «Большевик» завод директорĕ), Полуяров (ВКП(б) Шупашкар хула комитечĕн секретарĕ), Шигаев (Хусан чугун çулĕн Улатăр уйрăмĕн начальникĕн заместителĕ), Федорова (ВЛКСМ обком секретарĕ), Милушкин (Улатăрти атă-пушмак фабрикинчи партбюро секретарĕ), Рунгш (Сул-йĕр управленийĕн начальникĕ), Сергеев (Шăхасан райсовет исполкомĕн вырăнти промышленность пайĕн заведующийĕ), Федорова (ВКП(б) Çĕмĕрле райкомĕн секретарĕ).

Паян пуху малалла ĕçлет.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Отчетпа суйлав пухăвĕсен решенийĕсене пурнăçламалла

«Красный флот» колхозри коммунистсем хăйсен отчетпа суйлав пухăвĕнче, партиллĕ-организациллĕ тата партиллĕ-политикăллă ĕçсене вăйлатса, кăçал пысăк тухăçлă тыррпулшăн кĕрешессине анлăн сарса яма, обществăллă выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ўстерессишĕн хастарлăрах кĕрешме кирлине кăтартса пачĕç.

Çав пуху пулнăранпа пилĕк уйăх иртрĕ. Çак хушăра парторганизаци секретарĕ парти пухăвĕсене, агитаторсен семинарĕсене тăтăшах пухса пычĕ. Партиллĕ-политикăллă ĕç те нумай лайăхланчĕ.

Парти пухăвĕсенче час-часах колхоз производствинчи ĕçсем çинчен сўтсе яваççĕ, правлени ĕçне лайăхлатмалли майсене кăтартса параççĕ. Правлени выльăх-чĕрлĕх пăхакансем валли кирлĕ условисем туса парассишĕн тăрăшман пулнă. Выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ чакнă. Ĕç дисциплинине çирĕп пулман пирки чылай колхозниксем ĕçкунĕсен минимумне тултарман.

Çак çитменлĕхсене коммунистсен пухăвĕнче сўтсе явса, колхоз руководствине çирĕплетме йышăннă. Парти пухăвĕн решенийĕсене пурнăçласа, халĕ колхоза ертсе пыма пултаракан çынсене суйласа лартнă. Парторганизаци сĕннипе ферма заведующийĕ пулма Н. Езюков коммуниста çирĕплетнĕ, выльăхсем пăхма комсомолецсене уйăрса лартнă. Хальхи вăхăтра обществăллă выльăх-чĕрлĕхе пăхас ĕç лайăхланнă.

Отчетпа суйлав пухăвĕ иртнĕ хыççăн «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» тата И. В. Сталин биографине вĕренмелли кружоксем хăйсен ĕçĕсене чылай лайăхлатнă. Кружоксем вĕренў программине пурнăçланă.

Отчетпа суйлав пухăвĕн решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе парторганизаци ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пур-ха. Парторганизаци хăйĕн ĕçне çирĕп план тăрăх йĕркелесе пымасть. Парторганизацири 15 коммунистран икĕ коммуниста кăна партпоручени панă. И. Гаврилов коммунист колхозри стена хаçачĕн редакторĕ пулса ĕçлет, П. Ухварин коммуниста бригадăра боевой листок кăларма хушнă. Вĕсем порученисене мĕнле пурнăçланине парторганизаци секретарĕ куллен тĕрĕслесе тăмасть.

Колхозри ертсе пыракан кадрсен идейăллă-политикăллă шайне ўстерни мĕн тери пысăк вырăн йышăнса тăни пуриншĕн те паллă, анчах парторганизаци ку ĕç çине çителĕклĕ пăхмасть. Колхозниксене мичуринла агробиологи наукине вĕрентме виçĕ çуллăх курссем организациленĕ. Çав курссем йĕркеллĕ ĕçлемерĕç.

Колхозра наука çитĕнĕвĕсене тата социализмла уй-хир ĕçĕнчи стахановецсен опытне пропагандăламаççĕ.

Отчетпа суйлав пухăвĕнче комсомол организацине ертсе пырасси çителĕксĕррине кăтартса хăварнăччĕ. Çав çитменлĕхе парторганизаци халĕ те пĕтермен. ВЛКСМ райкомĕн бюровĕ йышăннă тăрăх, комсомолецсемпе союзра тăман çамрăксем валли политшкул организацилемелле пулнă, анчах шкулта пĕр заняти те пулмарĕ.

Комсомол организацийĕ пурĕ 16 комсомолеца пĕрлештерсе тăрать. Колхозра комсомол ретне илме тивĕçлĕ çамрăксем нумай. Анчах вĕсем хушшинче, массăллă-политикăллă ĕç пулманнипе комсомол йышĕ ўсмест.

Кăçалхи вĕренў çулĕнче парторганизацире виçĕ коммунист марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренме кăмăл тунă. Вĕсенчен Е. Семеновпа М. Лисина коммунистсем мĕнле вĕреннине парторганизаци пĕлмест. Марксизм-ленинизм теорине харпăр хăй тĕллĕн вĕренекенсем çинчен парти пухăвĕнче пĕре те сўтсе явман. Кружокра вĕренекенсем Кирилловăпа Шипатова коммунистсем пĕр занятире те пулмарĕç.

Парторганизацин колхоз бригадирĕсемпе ĕçлессине те тĕпренех çĕнетмелле. Бригадирсен ĕçри пултаруллăхĕпе пĕлĕвне тата политикăллă ăнланулăхне ўстерсе пырас ĕçе йĕркелемелле. Колхозра виçĕ бригадир пĕрремĕш çул ĕçлеççĕ. Вĕсене ĕçре тăтăшах пулăшса пымалла. Бригадирсене яланах улăштарса тăрас йăлана пĕтермелле.

ВКП(б) членĕ Е. Иванов юлташ колхозра уй-хир бригади бригадирĕ пулса тăххăрмĕш çул ĕçлет. Вăл хăйĕн политикăллă пĕлĕвне тăтăшах ўстерсе пырать, «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» вĕренмелли кружокра тăрăшса вĕренет, хаçат-журналсем, илемлĕ литература вулать. Унăн бригади колхозри пур ĕçсенче те малта пырать. Ытти бригадăсем начартарах ĕçлени — вĕсен бригадирĕсене тăтăш улăштарнинчен килет.

Пуçламăш парторганизацин отчетпа суйлав пухăвĕн решенийĕсене пурнăçлассишĕн çине тăрсах ĕçлемелле. Партипе правительство республика ялхуçалăхĕ умне кăларса тăратнă задачăсене пурнăçлассишĕн пур коммунистсене те мобилизацилемелле. Вĕсен колхозниксен массине ĕçре çĕнĕ çитĕнўсем тума хавхалантармалла.

**В. АНТОНОВ.**

Первомайски районĕ.

## Вĕренў çулне ăнăçлă вĕçленĕ

Янкăчкри Маленков ячĕпе тăракан колхозри коммунистсем тата партире тăман актив кăçалхипе иккĕмĕш çул политшкулта вĕренчĕç. Çак кунсенче вĕренекенсем программăна мĕнле ăнланса илнине тĕрĕслес шутпа итоглă калаçу пулчĕ.

Калаçу идейăпа политика тĕлĕшĕнчен çўлти пусăмра, активлă иртрĕ.

Коммунистсем, политшкулта вĕренсе, чылай пĕлў илнине кăтартса пачĕç. Çамрăк коммунист Т. Коняшкина юлташ (колхоз счетовочĕ) пур ыйтусем çине те уçăмлă, тарăн ответсем пачĕ.

— Мĕнле теори вăл расовăй теори?— ыйтрĕ райком представителĕ Коняшкинăран.

— Расовăй теорие Гитлер шухăшласа кăларнă. Халĕ Трумэн çав теорипе аташать. Гитлер шăпи тулчĕ. Трумэнсене те çав кĕтет. Расовăй теори вăл пĕр халăх «аслă», тепри «кĕçĕн» пулса тăни çинчен сўпĕлтетекен ухмахла теори,—ответлерĕ Коняшкина. Малалла вăл çак «теорипе» пурăнакансен историри тата паянхи пурнăçри тискер ĕçĕсене тата çав ĕçсем йăста илсе пынине кăтартса пачĕ.

Рядовой колхозник Н. Ильин юлташ та политикăллă тата теориллĕ ыйтусене лайăх ăнланнине кăтартрĕ. Рядовой колхозница пулса ĕçлекен В. Баранова юлташ хăйĕн политикăллă тавракурăмĕ хăвăрт ўссе пынипе кăтартрĕ. Иртнĕ çул Баранова юлташ программăри чылай материалсене ăнланса илейменччĕ. Кăçалхи вĕренў çулĕнче вăл тăрăшса вĕренчĕ. Занятисене сиктермерĕ, каласа кăтартнине тимлĕн итлесе ларчĕ, хăйне кирлине кĕскен çырса пычĕ, занятисенче илтнине пуянлатас тесе, хăй тĕллĕн тăтăшах хаçат-журналсем вуларĕ. Çаксем ăна чылаях пĕлў илме пулăшрĕç.

Идейăпа политика тĕлĕшĕнчи пĕлĕвне ўстерни коммунистăн е партире тăман çыннăн активлăхне, ĕçри хастарлăхне хăпартать. Баранова—колхоз правлени членĕ, уй-хир бригадинчи агитатор, фермăра ĕçлекенсене хаçат-журналсем вуласа парать. Тўрех каламалла: Баранова юлташ пур çĕре те çитет, пур ĕçе те ĕлкĕрет. Нихçан та ку «сан ĕç», «ку манăн» тесе тăмасть. Ку пирĕн ĕç, тет те ĕçе тытăнать. Вăл агитатор пулса ĕçлекен бригада — колхозра малта пыракан бригада. Бригадăра Баранова юлташ—малта пыракан колхозница.

Калаçăва колхоз председателĕ А. Мухин, ферма заведующийĕ И. Сотников, ватă коммунист И. Осипов тата ытти юлташсем те активлă хутшăнчĕç. Калаçу вĕçленнĕ хыççăн коммунистсем вĕренў çулĕнче тунă çитĕнўсемпе çитменлĕхсене палăртрĕç, хăйсен идейăпа политикăллă пĕлўне ўстерес тесе, çитес вĕренў çулĕнче парти историне вĕренме йышăнчĕç.

**А. ПАВЛОВ,**
политшкул руководителĕ.

Канаш районĕ.

## Секретарьсен семинарĕ

МУРКАШ. Çак кунсенче ВКП(б) райкомĕ колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕсен черетлĕ семинарне ирттерчĕ. Унта парти райкомĕн секретарĕ М. Зайцев юлташ социализмлă ăмăртăва ертсе пырасси çинчен доклад туса пачĕ. Унсăр пуçне семинарта пулнисем парти пухăвне мĕнле хатĕрленсе ирттерни çинчен «Красный Октябрь» колхозри партбюро секретарĕ П. Тимофеев юлташ тунă доклада сўтсе яврĕç, парти органĕсен решенийĕсемпе паллашрĕç.

**П. ПАВЛОВ.**

## Пĕр колхозри комсомолецсем

Хрущев ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн членĕсем колхозри çамрăксен пархатарлă ĕçне мухтаççĕ. Мухтама та сăлтав пур: колхоз производствин пур участокĕсенче те çамрăксем хăйсен пултаруллăхне тата пуçаруллăхне кăтартаççĕ, вĕсем пур çĕрте те тухăçлă ĕçлеççĕ.

Анна Игнатьева тăхăр çул ĕнтĕ фермăра ĕçлет. Çак вăхăтра вăл 350 пăру пăхса ўстерчĕ. Хастарлă комсомолка тунă пысăк çитĕнўсене колхозниксем тивĕçлипе хаклаççĕ: кашни çулах, ĕçшĕн хушса тўлемелли йĕркепе тăрăх, пăру парса премилеççĕ. Пĕлтĕр вăл 64 пăру пăхса ўстерчĕ, кăçал—76 пуç пăхать. Вĕсем пурте сывă, пăхтăр ўсеççĕ.

Унăн ĕçĕ ăнăçлă пулса пыни тăрăшнинчен кăна мар, пуринчен ытларах, тимлĕ вĕреннинчен килет. Вăл иккĕмĕш çул ĕнтĕ зоотехника курсĕнче тата политшкулта вĕренет. Вĕренўре те, ĕçри пекех, лайăх ĕлкĕрсе пырать.

Колхозра строительство ĕçĕсем вăйланса пыраççĕ. Кунта та эпир комсомолецсен хастарлăхне куратпăр. Сильвестр Грачевпа Георгий Александров—платниксем, Александр Радов столяр ĕçне вĕренчĕ. Вĕсем опытлă колхозниксенчен юлмаççĕ, строительствăри ĕçсене ăста платниксемпе столярсем пекех хăвăрт, çирĕп тата йўнерех тума тăрăшаççĕ. Ку çамрăксене тăрăшса ĕçленĕшĕн те, каннă вăхăтра хаçат-журналсем вуласа панăшăн та колхозниксем хисеплеççĕ.

Колхозниксемпе политика ыйтăвĕсем тăрăх калаçма, паллах, пĕлўлĕх кирлĕ. Сильвестр Грачев çакна яланах асра тытать. Вăл ялти библиотекăран кĕнекесем нумай илсе вулать, ун хыççăн вĕсем çинчен колхозниксене каласа парать. Иртнĕ çулта С. Грачев 52 кĕнеке вуласа тухрĕ, кăçалхи тăватă уйăх хушшинче 22 кĕнеке вуларĕ, вăл шутра: Г. Николаевăн «Жатва», К. Наджмин «Весенние ветры», К. Турханăн «Йăмраллă ял».

Александр Радовпа Георгий Александров юлташсем—колхозри стена хаçачĕн активлă корреспонденчĕсем. А. Радов юлташ бригадăра боевой листоксем кăларать, клубра драмăпа литература кружокĕсенче активлăн ĕçлет, «Комсомольская правда», «Коммунизм ялавĕ» хаçатсене çырăнса илет.

Колхозниксем хушшинче Михаил Миронов комсомолец та хастарлă ĕçлет. Вăл 1—2-мĕш бригадăсенчи хĕрлĕ кĕтес ĕçне йĕркелесе пырать. Ку бригадăсенчи комсомолецсемпе çамрăксем колхозниксем валли кашни эрнерех концерт е спектакль лартса параççĕ, ялти лекторсем докладсемпе лекцисем ирттереççĕ. Юлашки икĕ уйăх хушшинче колхозниксемпе колхозницăсем «Тĕнчери лару-тăру», «СССР государство бюджечĕ», «США империализмĕ—пĕтĕм ĕçхалăх тăшманĕ», «Пирĕн заемсем», «Вĕренекен ачасене килте воспитани парасси» темăсем тăрăх лекцисем итлерĕç, 5 спектакль курчĕç, 3 концерт итлерĕç. Нина Федорова комсомолка йĕркеленĕ çамрăксен хорĕ Тăван çĕршыв çинчен, аслă Сталин çинчен, мир çинчен юрлакан юрăсем пурне те кăмăла каяççĕ. Сурăх фермипе ĕçлекен Роза Нарышкина уйрăмах лайăх юрлать. Иван Петров комсомолец «Песня о Сталине», «Кантата о Сталине», «Варяг», «Пире Сталин ырлăх пачĕ», «Çамрăксен юрри», «Эпир миршĕн» кĕвĕсене купăспа ăста вылять.

Хастарлă комсомолецсем çирĕп сывлăхлă пулма вĕренеççĕ, физкультурăпа спорт ĕçне активлăн хутшăнаççĕ. Михаил Петров, Иван Петров, Вениамин Григорьев, Раиса Петрова, Роза Кудряшова тата ытти комсомолецсем хĕллехи вăхăтра физкультурниксен ăмăртăвĕсенче яланах малта пычĕç, вĕсем районти, республикăри ăмăртусене хутшăнма та тивĕçлĕ пулчĕç. Грачев комсомолец шахматистсен, Г. Кошкин конькипе ярăнакансен республикăри ăмăртăвĕсене хутшăнчĕç. Пилĕк комсомолец йĕлтĕрпе чупассипе разрядниксен нормисене, вунпшар комсомолецсемпе çамрăксем ГТО нормисене, 12 комсомолец шахматистсен 5-мĕш разряд нормисене тултарчĕç.

Халĕ, çуллахи сезон пуçланнă май, Александр Петров, Михаил Петров комсомолецсем çамрăксене физкультурăпа спорт ĕçне ытларах явăçтарма тăрăшаççĕ, ĕçрен пушă вăхăтра волейболпа футбол командисен, чупкăлла выляканисен занятийĕсем пулаççĕ.

Иван Даниловпа Геннадий Никитин комсомолецсем уй-хир бригадисене ертсе пыраççĕ. Г. Никитин ертсе пыракан бригада кăçал вăтам шутпа кашни гектартан 100 пăтран кая мар тĕштырă, 1.000 пăт çĕрулми, пĕр çулхи плантацирен 110 пăт кок-сагыз тымарĕ пухса кĕртме обязательство илчĕ. Унăн бригадинче 12 комсомолец. Комсомолецсен группине ертсе пыма комсомолецсем ăна хăйне суйланă. Иван Борисов, Петр Арланов—суха тăваççĕ, Александр Башмаков—сўрелет. Михаил Михайлов—сеялкăпа тырă акать. Павел Никитин тракторпа ĕçлет, Александр Николаевпа Иван Егоров прицепщиксем пулса ĕçлеççĕ. Вĕсем колхоз правленийĕ панă заданисене тўрĕ кăмăлпа пурнăçлама, кулленхи нормăна ирттерсе тултарма тăрăшаççĕ, сурăкине агротехникăллă паха срокра вĕçлессишĕн кĕрешеççĕ.

Ытти бригадăсенчи комсомолецсем те, социализмла ăмăртса ĕçлесе ака-сухана паха тăвассишĕн тăрăшаççĕ. Иккĕмĕш бригадăри Иван Димитриев, Иван Андреев сухаçăсем куллен нормăна 110 процент таран тултараççĕ.

Çуракинче 23 комсомолец ĕçлет, вĕсем вăйлă тырпулшăн кĕрешеççĕ. Бригадăсенче агитаторсем пулса 5 çын, стена хаçачĕпе боевой листок редакторĕсем пулса 7 çын, бригадăсенче книгоношсем пулса 5 çын ĕçлет.

Хрущев ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнчи комсомолецсем ĕçре те, вĕренўре те малта пыраççĕ, вĕсем парти организацийĕпе колхоз правленине артель хуçалăхне малалла тĕреклетме хастарлă пулăшаççĕ.

**П. КОШКИН.**

Вăрнар районĕ.

### *Лайăх çул-йĕрсемшĕн*

## Плана срокчен тултарассишĕн

СОВЕТСКИ. Малта пыракан колхозсем кăçалхи çул-йĕр ĕçне суракине вĕçленĕ хыççăнах тытăнчĕç. Халĕ колхозсенче Тăвай районĕнчи колхозниксемпе колхозницăсем тата çул-йĕр работникĕсем чĕнсе каланине сўтсе явса çул-йĕр строительстви планне срокчен тултарассишĕн кĕрешў пырать.

Килтĕш ял Совечĕ—çул-йĕр строительствипе районта малта пыракан ял Совечĕсенчен пĕри. «Самолет», Степан Разин ячĕпе тăракан колхозсем çул-йĕр ĕçĕсен планне пĕлтĕр ирттерсе тултарчĕç, республикăри Хисеп хăми çине кĕме тивĕçлĕ пулчĕç. Çул-йĕр бригадирĕсене Чăваш АССР çул-йĕр управленийĕн Хисеп грамотипе наградăланă. Тăвайсен чĕнĕвне сўтсе явнă хыççăн асăннă колхозсем кăçалхи çул-йĕр ĕçĕсен планне пур енĕпе те июлĕн 1-мĕшĕ тĕлне тултарса çитерме обязательство илчĕç. Ĕçе лайăх йĕркелес майпа бригадăсене тепĕр хут пăхса тухса çирĕплетрĕç.

Степан Разин ячĕпе тăракан колхозри çул-йĕр бригади пĕр кĕпер юсарĕ, вырăнти çулсене тўрлетсе çўреме юрăхлă турĕ. Халĕ чул, хăйăр турттарма тата çĕр ĕçĕ тума тытăнаççĕ.

Киров ячĕпе тăракан колхоз членĕсем пысăк кĕпер юсанă. Ял хушшинче çул тунă çĕрте кашни кун вуншар колхозник ĕçлет.

Куйбышев ячĕпе тăракан колхоз çул-йĕр строительстви планне пĕлтĕр çур уйăх хушшинче тултарчĕ. Колхозниксем кăçал та плана срокчен тултарассишĕн хĕрўллĕ ĕçлеççĕ. Вĕсем Советскипе Элĕк хушшинчи çул çине кашни кунах автомашинăпа хăйăр турттараççĕ тата çĕр ĕçĕ тăваççĕ.

Районта чул сарнă çулсем пĕлтĕрхинчен ытларах тумалла. Çавна шута илсе, чылай колхозсем чул кăларса хатĕрлеме тытăнчĕç. Мичурин ячĕпе тăракан колхоз 50 кубометр, «Восход» колхоз 40 кубометр чул кăларнă. Шверник ячĕпе, Суворов ячĕпе, Хрущев ячĕпе, Киров ячĕпе тăракан, «Красный партизан», «За коммунизм» колхозсем те чул чылай хатĕрлерĕç.

**Я. СИГАЙ.**

### Чул хатĕрлеççĕ

МУРКАШ. «Знамя коммунизма» колхоз членĕсем кăçалхи çул-йĕр строительстви планне срокчен тултарма пулчĕç.

Колхозра çул çинче ĕçлеме ятарласа 35 çынран бригада организациленĕ. Бригадир пулма хастарлă комсомолеца П. Андреев юлташа уйăрнă. Бригада чул хатĕрлеме тытăнчĕ. Çак кунсенчех кăларнă чула çул çине турттарма тытăнаççĕ.

**П. СЕМЕНОВ.**

### Ирттерсе тултарнă

ХĔРЛĔ ЧУТАЙ. «Красное знамя» колхоз членĕ А. Миронова юлташ сысна ферминче вуннăмĕш çул ĕçлет ĕнтĕ. Вăл хăйĕн ĕçне юратса тăвать.

Обществăллă выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре нумай çулсем хушши тăрăшса ĕçленĕшĕн пултаруллă свинаркăна Чăваш АССР Верховнăй Совет Президиумĕ Хисеп грамотипе наградăланă.

Миронова юлташ выльăх-чĕрлĕх йышне ўстерес ĕçре пысăк пулăшу парать. Сысна ĕрчетмелли кăçалхи плана колхоз майăн 10-мĕшĕ тĕлнех 110 процент тултарчĕ.

Плана ирттерсе тултарнă хыççăн, Миронова юлташ çĕнĕ обязательство илчĕ. Вăл кашни сысна аминчен 14-шар çурăран кая мар илме, вĕсене сывă пăхса ўстерме сăмах пачĕ.

**П. ГОЛИЦЫН.**

## Партгруппа ĕçĕ вăйланать

«Маяк» колхозăн пиллĕкмĕш бригадинчи партгруппăра 4 коммунист, вĕсем пурте хуçалăхри ответлă ĕçсене тăваççĕ.

Партгруппа кашни уйăхра 2 пуху ирттерет. Коммунистсен пуçарăвĕпе кашни эрнере колхозниксен производствăллă канашлăвĕ пулать, унта бригадăна панă заданисене пурнăçласси, ĕç вăйĕпе тата машинăсемпе туллин усă курасси çинчен сўтсе яваççĕ. Коммунистсем, партире тăман актив «ВКП(б) историйĕн кĕске курсне» кружокра вĕренеççĕ. Бригадăра кашни эрнерех стена хаçачĕ тухса тăрать.

Колхозниксене коммунизмла воспитани парас ĕçре бригадăри хĕрлĕ кĕтес пысăк вырăн йышăнса тăрать. Кунта кашни кунах, ĕçрен пушаннă хыççăн, колхозниксем пухăнаççĕ: хаçат-журналсем тата кĕнекесем вулаççĕ, радио пĕлтерекен çĕнĕ хыпарсене итлеççĕ. Ватă колхозниксемпе колхозницăсем радио тăрăх пĕлтернĕ хăшпĕр хыпарсене ăнланса илеймесен, вĕсене партгруппорг А. Каюмов юлташ тăван чĕлхепе ăнлантарса парать. Хĕрлĕ кĕтесре агитатор Камалов тата бригадир Каюмов юлташсем час-часах политикăллă калаçусем ирттереççĕ.

Бригадăра политикăллă агитацие кулленех туса пынине пула тухăçлă тырпулшăн кĕрешесси вăйланса пырать. Бригадăри колхозниксем кăçал кашни гектартан вăтам шутпа 18-шар центнер тĕштырă туса илме сăмах пачĕç.

**А. РОМАНОВ.**

Чкаловски районĕ.

## Кĕскен

ЧУРАЧĂК. Калинин ячĕпе тăракан колхоз çуртри акмалли плана ирттерсе тултарчĕ. Уй-хире шăрăх çилсенчен хўтĕлеме кăçал 8.500 тĕп йывăç лартнă. Çимĕç йывăççисем те чылай лартса хăварнă.

Строительство бригади ĕçлеме пуçларĕ. Сурăх вити тăваççĕ, саман кирпĕч çапаççĕ.

**М. ЛАНДЫШ.**

ЕЛЧĔК. Çĕнĕ Пăвапа Тăрăм ял Совечĕсенче Н. Павлов юлташ хатĕрлев министерствин агенчĕ пулса ĕçлет. Çак ял Совечĕсем аш-какай хатĕрлемелли çулталăкри плана 56 процент, çăмарта хатĕрлемелли плана 49,5 процент тултарнă.

**В. ЕРТМАКОВ.**

СОВЕТСКИ. Буденный ячĕпе тăракан колхоз тĕштырăсем акса пĕтерне. Кăçал çурхи тулăпа кантăр планпа пăхнинчен ытларах акса хăварнă.

Выльăх апачĕ хатĕрлекен бригада клевер, суданка, сĕлĕ тата силос гумалли культурăсем акрĕ.

Çураки вăхăтĕнче колхозниксене уйтă хутчен кино кăтартнă, лекцисем вуласа панă.

**Г. МУРЗЕЕВ.**

# Совет халăхĕн пурнăçĕ лайăхланса пырать

Совет правительствипе большевиксен партийĕ тата Сталин юлташ ĕççыннисен пурнăçĕпе культура шайне ўстерме пĕрмай тăрăшаççĕ. Сталин юлташ çапла вĕрентет: пĕтĕм обществăн пурнăçпа культура тĕлĕшпе ўссе пыракан ыйтăвĕсене пур енчен те тивĕçтерни социализм экономикин тĕп законĕн чи пысăк уйрăмлăхĕ пулса тăрать. Çавăн пек тума социализмлă производство пĕр вĕçĕмсĕр ўссе, лайăхланса пыни, техника хăватлă пулни пулăшать.

Вăрçă хыççăнхи сталинла пилĕкçуллăха ăнăçлăн пурнăçланине пула, пирĕн социализмлă государствăн вăй-хăвачĕ тата ĕççыннисен пурнăçпа культура шайĕ тата ытларах ўсрĕç. Иртнĕ çул итогĕсем совет халăхĕ коммунизм тăвас ĕçре çĕнĕ чаплă çĕнтерўсем тунине, пирĕн çĕршыв социализм экономикине вăйлатас, культурăна ўстерес, ĕççыннисен пурнăçне пĕрмаях лайăхлатас çулпа пынине кăтартса параççĕ.

### I.

Пирĕн çĕршыври ĕççыннисен пурнăçĕ лайăхланса пыни наци тупăшĕ пĕр вĕçĕмсĕр ўссе пынинчен уççăн курăнать. Пирĕн çĕршывра 1940 çултах наци тупăшĕ патша Российин наци тупăшĕнчен улттă хут ытла пысăкрах пулнă. Вăрçă хыççăнхи пилĕкçуллăхра СССР Союзĕн халăх тупăшĕ, вăрçă умĕнхи 1940 çулпа танлаштарсан, 64 процент ўснĕ (танлаштару хакĕсемпе). 1951 çулта Совет Союзĕн наци тупăшĕ, 1950 çулхипе танлаштарсан, 12 процент пысăкрах пулнă. Наци тупăшĕ пĕр вĕçĕмсĕр ўсни социализм вăй-хăвачĕ пысăк пулнине, пирĕн экономика кирлĕ çулпа ўссе пынине уççăн кăтартса парать.

Ĕç тухăçлăхĕ ўсни, чĕртавар, топливо, материалсем тата производствăн ытти средствисене перекетлени, производствăн тĕрлĕ отраслĕсенче ĕçлекенсен йышĕ ўсни—çаксем пурте СССР халăх тупăшне ўстерсе пыма май параççĕ.

Социализмлă Совет стройĕ ĕççĕрлĕхе ĕмĕрлĕхе пĕтерсе хучĕ. Совет Союзĕнче рабочисемпе служащисен йышĕ пĕрмаях ўссе пырать. Вăрçă хыççăнхи пилĕкçуллăхра промышленноçра ĕçлекен рабочисемпе служащисен йышĕ 1940 çулхинчен çичĕ миллион та çичçĕр пин çын ытларах пулнă. 1951 çул вĕçленнĕ тĕле халăх хуçалăхĕнчи рабочисемпе служащисен йышĕ 1950 çулхинчен пĕр миллион та ултçĕр пин çын нумайрах пулнă, 40,8 миллион çынна çитнĕ.

Производство ўснине пула пирĕн çĕршывра квалификациллĕ кадрсем ытларах та ытларах кирлĕ пулаççĕ. Çав кадрсене хатĕрлеме ятарласа шкулсем тата ĕç резервин училищисем тунă. Вĕсем çултан-çул квалификациллĕ çамрăк рабочисене ытларах вĕрентсе кăлараççĕ. Çавăн пекех массăллă профессисен кадрĕсене производствăрах вĕрентсе хатĕрлесси анлăн саралса пырать. 1951 çулта ремесленнăй, чугун çул, сăрт-ту промышленноçĕн училищисенчен, фабрикăпа завод ĕçне вĕрентекен шкулсенчен тата сăрт-ту промышленноçĕн шкулĕсенчен 365 пин квалификациллĕ çамрăк рабочи вĕренсе тухнă. Вĕсене пурне те промышленноçра, строительствăра тата транспортра ĕçлеме янă. Уйрăмшарăн тата бригадăсенче, çавăн пекех курссенче 1951 çулта рабочисемпе служащисене çичĕ миллион çынна вĕрентнĕ.

Ĕç тухăçлăхĕ ўсни СССР Союзĕн наци тупăшне пысăклатма май парать. Халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсенче техника малалла кайса пырать, ĕç процесĕсене ытларах механизацилеççĕ, пĕтĕм халăх социализмла ăмăртса ĕçлет. Çавна пула Совет Союзĕнче ĕç тухăçлăхĕ пĕрмаях ўссе пырать. 1950 çулта, вăрçă умĕнхи 1940 çулпа танлаштарсан, Совет Союзĕнче ĕç тухăçлăхĕ промышленноçра—37 процент, строительствăра—23 процент ўснĕ. 1951 çулта, 1950 çулхипе танлаштарсан, ĕç тухăçлăхĕ 10 процент ўснĕ. Ĕç тухăçлăхĕ ўсни промышленность продукцине нумайрах туса кăларма пулăшать.

Пирĕн çĕршывра лайăх пахалăхлă продукци туса кăларассишĕн, чĕртавара, материалсене, топливăна перекетлессишĕн, продукцин хăйне ларакан хакне чакарассишĕн, планпа пăхнинчен ытларах накоплени тăвассишĕн социализмлă ăмăрту анлă саралчĕ. Çакă вăл СССР халăх тупăшне малашне те ўстерсе пыма пулăшать.

Пирĕн çĕршывра халăх тупăшĕ ĕççыннисен пурнăçне кулленкун лайăхлатма тата хулăпа ялта социализмлă производствăна вăйлатса пыма каять.

Совет Союзĕнчи ĕççыннисем 1951 çулта хăйсен пурнăçĕпе культура ыйтăвĕсене тивĕçтерме наци тупăшĕн тăватă пайĕнчен виçĕ пайне яхăн илнĕ. Тупăшăн ытти пайĕ социализмлă производствăна сарма, государствăн пĕтĕмĕшле тата обществăллă расходĕсем валли государство тата колхозсемпе коопераци организацийĕсен аллинче юлнă.

### II.

Совет Союзĕнче наци тупăшĕ пĕрмаях ўссе пыни рабочисен, хресченсен, интеллигенцин пурнăçне чылаях лайăхлатма, ялта тата хулара социализмлă производствăна малалла вăйлатма май парать. СССР Союзĕн наци тупăшĕн пысăкрах пайне потреблени фондне яни, çав фонд пĕр вĕçĕмсĕр ўсни ĕççыннисен тупăшĕ ўснине пĕлтерет. Совет Союзĕнче рабочи класăн укçан илекен ĕç укçи те, реальнăй ĕç укçи те пĕрмаях ўсет. Промышленноçпа апат-çимĕç таварĕсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене тăтăшах йўнетсе пыни, укçапа ытларах тавар туянма май килни рабочисемпе служащисен реальнăй ĕç укçине пысăклатать.

Куллен кирлĕ таварсен хакĕ йўнелнине пула, рабочисемпе служащисен ĕç укçи ўснĕ май, хресченсен тупăшĕсем пысăкланнине пула, ĕççыннисене государство шучĕпе льготăсем панине тата укçа тўленине пула, 1951 çулта рабочисемпе служащисен тата хресченсен тупăшĕ, 1950 çулхипе танлаштарсан, 10 процент ўснĕ.

1952 çулхи апрелĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа таварсен ваккăн сутмалли государственнăй хакĕсене чакарни—вăрçă хыççăн пиллĕкмĕш хут чакарни—ĕççыннисен пурнăçне тата ытларах лайăхлатать. Хаксене çĕнĕрен йўнетнипе халăх 23 миллиард тенкĕлĕх ытла усă илет. Государство суту-илĕвĕнче хаксем йўнелничепе пула, колхозпа тата коопераци суту-илĕвĕ енĕпе те хаксем 5 миллиард тенкĕрен кая мар йўнелнине шута илсен, халăх мĕн пурĕ 28 миллиард тенкĕлĕх усă курать.

Культурăпа йăла ĕçĕсем валли государство уйăрса паракан укçа-тенкĕ ĕççыннисен тупăшĕсен чылай пысăк çăлкуçĕ пулса тăрать. Государство сутĕçĕпе сывлăха сыхлас ĕçĕсем валли, нумай çул хушши ĕçленĕшĕн тўлеме, социальнăй страховани валли, тĕрлĕрен пулăшусемпе пенсисем тўлеме укçа-тенкĕ нумай тăкаклать. Халăх йышĕ тата ĕççыннисен культура шайĕ ўссе пынипе çак расходсем татах пысăкланаççĕ. Ачасене тўлевсĕр çичĕ çул вĕрентсе, медицина пулăшăвĕпе тўлевсĕр усă курса, отпуск укçи илсе, социальнăй страхованирен пулăшу илсе тата ыттисемшĕн ĕççыннисем 1951 çулта 125 миллиард тенкĕ пулăшу илнĕ.

Совет государстви рабочисене социальнăй страховани тăвас йĕркене пысăка хурса хаклать. Социальнăй страховани правине Сталинла Конституцире çирĕплетсе панă. Конституцин 120-мĕш статьи çапла калать: «СССР гражданĕсен ваталсан, тата çавăн пекех чирлесен е ĕçлейми пулсан государствăран пулăшу илме право пур».

Капитализмлă çĕршывсенче пĕринче те ĕççыннисемшĕн çакăн пек тăрăшмаççĕ.

Пирĕн совет государстви ĕççыннисен канăвĕшĕн нумай тăрăшать. Отпуска кайнă чухне отпуск укçи тўлеççĕ, ĕççыннисем валли санаторисемпе кану çурчĕсем тата клубсем нумай тунă. Рабочисемпе служащисем пурте (мĕн пурĕ 41 миллион çынна яхăн) 1951 çулта, икĕ эрнерен кая мар отпуска кайса, отпускшăн укçа илнĕ. Чылай рабочисемпе служащисем икĕ эрнерен те ытларах отпуск илнĕ.

Социализм çĕнтернĕ çĕршывра ĕççыннисен сывлăхне сыхлассишĕн государство пĕрмаях тăрăшать. Большевиксен партийĕпе совет государстви сывлăха сыхлас ĕç çине тимлĕн пăхаççĕ. Больницăсемпе ытти медицина учрежденийĕсен шучĕ ўссех пырать. Чир ан ертĕр тесе малтанах питĕ нумай ĕçлеççĕ. Халăх сывлăхне сыхлакан медицина работникĕсен йышĕ питĕ пысăк. Пирĕн аслă шкулсем çулсеренех Америкăра вĕрентсе кăларнинчен тăватă хут ытларах врачсем вĕрентсе кăлараççĕ.

1951 çулта больницăсен, ача çуратмалли çуртсен, диспансерсен тата çавăн пекех санаторисемпе кану çурчĕсен хисепĕ ўснĕ. Медикаментсем, медицина инструменчĕсем тата çĕнĕ аппаратсем нумайрах туса кăларма пуçланă. 1951 çулта 5 миллион ача ытла пионерсен лагерĕсенче, ача-пăча санаторийĕсенче, экскурсипе турист базисенче каннă тата ача-пăча учрежденисемпе пĕрле çăвĕпех дачăсенче пурăннă.

Халăх пурнăçĕ лайăхланнипе тата сывлăха сыхлас ĕçри çитĕнўсене пула пирĕн çĕршывра çын вилесси, вăрçă умĕнхи 1940 çулпа танлаштарсан, икĕ хут чакнă, ача-пăча вилесси унтан та нумайрах чакнă. Совет Союзĕнче çулсеренех 3 миллион çын ытла хутшăнса пырать, темиçе çул хушши ĕнтĕ халăх 1940 çулта хутшăннинчен нумайрах хутшăнать.

Халăхăн пурнăçпа культура шайне ўстерес ĕçре çурт-йĕр тăвасси пысăк вырăн йышăнать. Партипе правительство ĕççыннисен пурăнмалли условийĕсене лайăхлатас тесе пĕрмаях тăрăшаççĕ. 1951 çулта хуласемпе рабочи поселоксенче 27 миллион ытла тăваткал метр чухлĕ пурăнмалли çуртсем тунă, колхозниксем ялсенче 400 пин пўрт лартнă.

Совет Союзĕнче пурăнмалли çурт-йĕр шучĕ пĕрмаях ўссе пырать, кил-çуртсене лайăхлатсах пыраççĕ. Çĕнĕ хваттерсенче водопровод, электричество, центральнăй отоплени, радио тата ыттисем те пур. Совет Союзĕнче хваттер укçи ытти çĕршыврисенчен йўнĕ. Пирĕн çĕршывра хуласемпе рабочи поселоксене лайăхрах, илемлĕрех тăвас, вĕсенче йывăççем лартас, канализаци, водопровод тăвас, урамсене асфальт сарас, хулари транспорта пысăклатас тата ыттисене те тăвас тесе нумай тăрăшаççĕ.

Большевиксен партийĕпе правительство совет халăхĕн культурине ўстерессишĕн çине тăрса ĕçлеççĕ. Вăрçă хыççăнхи пилĕкçуллăх хушшинче пиншер шкулсене, библиотекăсене, клубсене, театрсене, киносене юсанă, çĕнĕрен туса лартнă. Совет Союзĕнче 1951 çулта, пур йышши шкулсене те илсен, 57 миллион çын вĕреннĕ. 1951 çулта аслă шкулсенче (заочно вĕренекенсемпе пĕрле) 1.356 пин студент вĕреннĕ, ку вăл 1950 çулхинчен 108 пин çын ытларах пулать. Техникумсемпе ытти специальнăй вăтам шкулсенче (заочно вĕренекенсемпе пĕрле) 1.384 пин çын вĕреннĕ, ку вăл 1950 çулхинчен 86 пин çын ытларах пулать. Çамрăк специалистсем аслă шкулсенчен 201 пин çын, техникумсенчен 262 пин çын вĕренсе тухнă.

*Стахановецсен трибуни*

## Грузсене хăвăртрах турттарар

Аслă çĕршывăн пур кĕтессисенче те пысăк строительство пырать. Пирĕн, чугун çул çинче ĕçлекенсен, строительствăсене кирлĕ станоксемпе материалсене хăвăртрах турттарса памалла. Канаш депови ĕçлекен машинистсен Тăван çĕршыв хăйсене умне лартнă задачăна чыслăн пурнăçлама тăрăшаççĕ. Эпĕ хам та, юлашки вăхăтра поездсем çӳретесси çине самаях аванлатса, Пĕтĕм Союзри машинистсен хушшинче пыракан ăмăртура малти вырăна йышăнма тивĕçлĕ пултăм. Халĕ пăравуспа икĕ пин тонна вырăнне час-часах пĕр хут 3.100 тонна таран груз турттаратăп.

Анчах эпĕ хамăн çитĕнӳсем çинчен мар, вăл çитĕнӳсене мĕнле майпа тунă çинчен каласа парасшăн.

Чугун çул—питех те кăткăс системăллă хуçалăх. Хăвăртрах тата ытларах турттарасси пĕр машинистран кăна килмест. Çавăнпа та, йывăр тиенĕ составсем илсе çӳрес тесен, машинистăн хăйĕн ĕçне пĕлсе йĕркеленĕсе тата пур службăсемпе те тачă çыхăнма тăрăшмалла.

Ĕçе тухсанах эпĕ чугун çул станци начальникĕпе çыхăнса, хам валли йывăр составсем хатĕрлесси çинчен калаçса татăлатăп. Канаш станцинче ĕçлекенсем эпир ыйтнине хапăлласах йышăнаççĕ. Йывăр составсем ăсатни вĕсен ĕçне те çăмăллатать.

Станци начальникĕпе калаçса татăлсан, пăравуса çула кайма хатĕрлеме тытăнатпăр. Пирĕн пăравус çинче ĕçлекенсем харпăр хăйĕн ĕçне пурте лайăх пĕлсе тăваççĕ. Савах эпĕ вĕсен ĕçне тĕплĕн тĕрĕслетĕп. Çул çине тухса каяс умĕн, диспетчерпа çыхăнса, хам мĕне тонналлă состав илсе кайнине пĕлтеретĕп. Кунсăр пуçне, Çĕмĕрле станци начальникĕпе çыхăнса, каялла тавранса йывăр состав илсе килме йывăр состав хатĕрлесе хурасси çинчен калаçса татăлатăп.

Çула тухса каяс умĕн эпир поезда ăсатакан кондукторсемпе калаçса татăлатпăр. Станцинче чарăнас пулсан, вĕсем тормозсене пушатаççĕ, вагонсен кăлтăк пуррипе çуккине тĕрĕслеççĕ т. ыт. те. Вагонсем тĕрĕс-тĕкел пулсан вĕсене пĕр хăрамасăр пысăк хăвăртлăхпа илсе çӳреме пулать.

Пăравус çинче ĕçлекенсен хăйсем çӳрекен çула лайăх пĕлмелле. Унсăрăн йывăр состав илсе çӳресси, паса перекетлесси, вырăнпе пĕлсе усă курасси çинчен шухăшлама та çук. Пирĕн бригадăра машинистра унăн помощникĕ кăна мар, кочегарсем те çула лайăх пĕлсе тăраççĕ. Çул тӳрем вырăнта кочегар сĕр кăмăкне сахалтарах пăрахса çунтарать. Сăрталла хăпармалла вырăна çитес умĕн вăл вучаха лайăхрах [illegible] сĕр кăмрăкĕ пăрахса çунтарса пăс ытларах пама тăрăшать.

Поезд илсе çӳренĕ чухне эпир кашни минутра туллин усă курма тăрăшатпăр. Вăхăтпа туллин усă курас тесен дисциплинăна çирĕп пăхăнса ĕçлемелле. Тепĕр чухне хыçалтан пассажирсен поезчĕ килет. Кун пек чухне умри çул 15—20 минутлăха усă пулмалла. Анчах хăшпĕр машинистсем пассажирсен поезчĕ иртсе каясса кĕтсе, усă çулпа усă курма тăрăшмаççĕ. Усă çулпа усă курнă чухне, паллах, умри станципе диспетчер кăтартса панă вăхăтран кая юлмасăр çитмелле. Унсăрăн поездсене çӳретмелли график пăсăлма пултарать. Эпир пассажирсен поезчĕ умĕнче усă çулпа килнĕ чухне те усă çулпа усă курма тăрăшатпăр. Мĕншĕн тесен диспетчер эпир хамăр умри станцине е разъезда вăл кăтартнă вăхăта çитессине çирĕп шанса тăрать, çавăнпа ĕнтĕ усă çулпа усă курма ниçтан та чармасть.

Вăхăтпа туллин усă курасси пăравуспа мĕнле нумай килет: Эпир пăравуса лайăх пăхса усратпăр. Çул çине каяс умĕн кашни винта, кашни пая лайăх тĕрĕслетпĕр.

Эпир чаплă машинистпа—СССР Верховнăй Совечĕн депутачĕпе П. Назаров юлташпа ăмăртса ĕçлетпĕр. Хăшпĕрисем ăмăрту договорне ячĕшĕн кăна тăваççĕ, çавăнпа унăн ĕссине те курăймаççĕ. Эпир ăмăрту çине алла пăхмастпăр. Çул çине кайса килмессерен кам мĕнле ĕçленине тĕрĕслесе тăратпăр. Пиртен кам та пулсан хăш енĕпе те пулсан мала тухнă пулсан, пĕр-пĕринчен вăл çитĕнĕве мĕнле майпа туни çинчен ыйтса пĕлетпĕр. Çапла вара, ăмăрту пире малтан кайма хатĕрлентерме пĕрлех, пĕр-пĕрин ĕçĕнчи лайăх меслетсене пĕлсе вĕренме те пулăшать.

Пирĕн ĕçре чăрмавсем те пур-ха. Канаш деповĕнчи машинистсем Хусан чугун çулĕ çинче йывăр тиенĕ составсем турттаракан ытларах турттараççĕ. Эпир ун пек составсене çăмăллăнах турттарма пултаратпăр. Анчах пире тата лайăхрах ĕçлеме Çĕмĕрле станци нумай чăрмантарса тăрать. Вăл станцинче, пирĕн машинистсем ыйтаççĕ пулсан та, йывăр составсем хатĕрлесе памаççĕ. Ку ситмелĕхе пĕтермелле.

**Л. НИКОЛАЕВ,**
Канаш деповĕнчи машинист.

## Шупашкарти новаторсем чĕнсе каланине ырлаççĕ

УЛАТĂР. Хулари рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем Шупашкар хулинчи производство новаторĕсен 1952 çулхи плана срокчен тата иртерсе тултарассишĕн социализмлă ăмăрту анлă сарма чĕнсе каланине туллин кăмăллăн кĕтсе илчĕç.

Йывăç япаласем тăвакан комбинат коллективĕ çултаăкри производство планне Сталинла Конституци кунĕ тĕлне тултарма, планран иртерсе 4 пин кубометр хăма сурма, ĕç тухăçлăхне 10 процент ӳстерме, продукци хăйне паракан хакне 6 процент йӳнетме социализмлă обязательство илчĕ. Коллектив хăйĕн сăмахне чыслă пурнăçлать. Комбинат продукци туса кăларассин тăватă уйăхри плана 117 процент тултарчĕ, май уйăхĕнче те ăнăçлă ĕçлет.

Депори рабочисен пĕрлехи пухăвĕнче А. Кустарников машинист, Шупашкарти новаторсем чĕнсе каланине ырласа, йывăр тиенĕ поездсем илсе çӳреме, кăçал 75 тонна çĕр кăмрăкĕ перекетлеме сăмах пачĕ. И. Кочетков, Ф. Наумов тата Г. Гафидов машинистсем те пысăк обязательствăсем илчĕç. Пуху 1952 çулхи плана пур кăтартусем тăрăх та иртерсе тултарма, Пĕтĕм Союзри чугун çул работникĕсен кунне ĕçри çĕнĕ çитĕнӳсемпе кĕтсе илме пулчĕ.

Махорка фабрики коллективĕ продукци пахалăхне лайăхлатма, ĕç тухăçлăхне ӳстермелли плана 108 процентран кая мар тултарма, чĕртавар перекетлеме, вунтар пин тенкĕ перекетлеме май паракан рационализаторла сĕнӳсене пурнăçа кĕртме обязательство йышăнчĕ. Кун хыççăн коллективра социализмлă ăмăрту çĕнĕ вăйпа вăйлана кайрĕ.

Чугун çул техникумĕн мастерскойĕнче вырăнти топливо промышленность управленине пăхăнса тăракан вăрманпромхоз сур çулхи плана срокчен тултарчĕç. Арман тата йывăç япаласем тăвакан комбинат июнь шучĕпе ĕçлеççĕ.

**И. ЕРЕМИН.**

## Хастарлă депутат

Ломоносов урамĕнчи 33-мĕш номерлă çурт хапхи умне вутă тиенĕ грузовик пырса чарăнчĕ. Кабинăран çăмăл фуфайка тăхăннă, вăтам çулхи çын тухрĕ.

— Çитрĕмĕр,— терĕ вăл шофера [illegible] сассипе савăнăçлăн. — Халех хапхана уçатăп.

Тепĕр çур сехет пек вăхăт иртсен, автомашина çак килтен пушăлла тухса кайрĕ. Хваттер хуçи, иккĕмĕш группăри вăрçă инвалидĕ — Филипп Алексеевич Новиков, шофера алă тытса, ырă сăмахсемпе тав туса ăсатрĕ.

— Тавтапуç сире пулăшнăшăн! — темиçе хут пуçне сулса каларĕ вăл.

Васкине ун патне хулари, пĕр-пĕринпе нумайранпа туслашса пурăнакан юлташĕ, вăрçă инвалидĕ Садовников пырса харчĕ.

— Эсĕ паян вутă кӳрсе килтĕн тем?— сăмах тапратса ячĕ вăл.

— Çапла. Хĕл касмалăх пулчĕ ĕнтĕ...

Садовников тĕмшĕн йывăртарах сывласа илчĕ.

— Вутă мана та кирлĕ те çав...

— Эсĕ пирĕн хула Совечĕн депутатне пĕлетĕн вĕт?

— Павел Егоровича-и?.. Пĕлмесĕр. Ăна кунта 1926 çултанпа пĕрмаях хула Советне суйлатпăр.

— Вăл пулăшрĕ. Пĕр кунхине пирĕн пата, урам комитечĕн председателĕпе Варвара Ивановна Зайцева юлташпа пĕрле, Павел Егорович килчĕ. «Мĕнле пурăнатăн-ха, Филипп Алексеевич? Сывлăху мĕнле?» — ыйтма тапратрĕ вăл. «Аванах-ха. Пурте лайăх. Пурăнатпăр» — тетĕп эп. «Хĕле мĕнле хатĕрленетĕр? Хĕл вăл—йывăр вăхăт. Ав, çанталăк епле сивĕтме пуçларĕ»,— тет вăл татах. «Мĕнле калас, хатĕрленетпĕр»—тетĕп эпĕ. Ăсатса янă чухне, тула тухсан, вĕсем пирĕн килкартишне йĕри-таврах пăхса çаврăнчĕç. «Ай-яй, лайăх ма-ар!—тет мана Павел Егорович, пуçне пăркаласа илсе.— Суеçтеретĕн иккен эсĕ!» Анчах эпĕ мĕн суеçтернине вăл нимĕн те шарламарĕ. Эпĕ ăнланмасăрах юлтăм ăна. Çакăн хыççăн, тепĕр виç-тăватă кун иртрĕ-и, иртмерĕ-и, Павел Егорович пирĕн пата татах пычĕ. «Атя, хатĕрлен, каятпăр»—тет мана. «Ăçта?»—ыйтатăп эпĕ. «Хула Советне. Сана унта кĕтеççĕ...» Хула Совечĕ умĕнче пире, чăнах та, темиçе автомашина кĕтсе тăраççĕ. Депутат тăрăшнипе, вăл пуçарнипе пире, инвалидсен çемйисене, гортопран вутă илсе, хамăр килех кӳрсе памалла тунă иккен. Павел Егорович унччен пирĕн округри кашни суйлавçă килне кĕрсе, кама мĕн кирлине пĕтĕмпех тĕпчесе, пĕлсе тухнă. Чун савăннипе çунат хушса вĕçсе каяс патнех çитрĕм вĕт!.. Çавăн пек вăл—пирĕн депутат Павел Егорович. Вăл хăйĕн суйлавçисене кашнинех пĕлет, вĕсем ăçта ĕçленине, ачисем мĕнле вĕреннине, камсем мĕнле пурăннине йăлтах пĕлсе тăрать. Вăл суйлавçăсемпе час-часах тĕл пулса калаçать, отчетсем туса парать. Хула Совечĕн ĕçĕсем çинчен пĕлтерсе тăрать. Халĕ вăл Нина Кошкинăсене те пирĕнпе пĕрлех вутăллă турĕ. Вăл тăрăшнипе паян 5 çемьене вутă турттарса пачĕç,— вĕçлерĕ хăйĕн сăмахне Новиков.

Çак калаçу иртнĕ çулхи кĕркунне пулнă.

Халĕ акă, нумаях та пулмасть, Новиковпа Садовников иккĕш пĕрле хула мунчине килчĕç.

— Питĕ лайăх тунă,— терĕ Садовников, мунчаран çăвăнса тухнă хыççăн, юлташне.—Тахçанах çавăн пек тăвас пулнă ăна.

— Мĕне?

— Ара, мунча çинчен калатăп. Ĕлĕкрех кунта эпир, пăс ăшши ыйтас пулсан, кăмака хутакансем илтчĕр тесе, тассемпе шаккатăмăр. Халĕ ав, итларăх каласмалли труба туса лартнă. Ыйтатăн та—пăс ансат.

— Павел Егорович тутарттарнă ăна.

— Вăл пурне те курать иккен. Пурне те лайăх тăвасшăн. Халĕ пулăшнине пĕлтĕр эпĕ те, сан пекех, хĕл касмалăх вутăлăх пултăм,— пĕлтерет Садовников.

Çапла калаçкаласа пырса икĕ юлташ, икĕ çулалла, чугун çул урлă касмалли переезд патне çитрĕç. Кунта çынсем ĕçлеççĕ. Хăшпĕрисем автомашина çинчен шлак пушатаççĕ, теприсем çав шлака çул çине тикĕслесе сараççĕ.

Новиковпа Садовников патне ĕçлекенсен хушшинчен, кĕтмен çĕртен шуралнă сухаллă Павел Егорович пырса тăчĕ.

— Мунчаран таврăнатăр-и? — сывлăх сунса алă тытрĕ вăл вĕсене.

— Унтан килетпĕр-ха. Эсир ăçта каятăр тата?

— Ара, килсе пăхас терĕм,— терĕ Павел Егорович, çул çинче ĕçлекенсем еннелле кăтартса.—Çул юсатпăр-ха. Астăватăр пуль, кăштах йĕпе-сапа пулсанах, çакăнта пылчăк çăрăлса ларатчĕ, иртсе çӳреме йывăрччĕ. Халĕ туса пĕтеретпĕр акă. Текех ĕнтĕ кунтан, кирек хăш вăхăтра та, çуран кăна мар, йывăр тиенĕ машинăсемпе те кĕрлеттерсе кăна каçса кай.

Новиковпа Садовников пĕр-пĕрин çине пăхкаласа илчĕç.

Павел Егорович Егоров Канашра нумайранпа пурăнать. Вăл халь учительсен институтĕнче музыка преподавателĕ пулса ĕçлет. Вăл—РСФСР тата Чăваш АССР тава тивĕçлĕ учителĕ. Лайăх ĕçленĕшĕн ăна правительство орденсемпе медальсем парса наградăланă.

Хăй чылай ватă пулсан та, Павел Егорович халĕ те, çамрăк чухнехи пекех, обществăллă ĕçсене активлăн хутшăнать.

Павел Егорович нумай çулсем хушши хула Совечĕн культурăпа çутĕç комиссине ертсе пынă. Кунпа пĕрлех, хăй музыкант тата композитор пулнă май, Павел Егорович хулари пултарулăх коллективĕсене яланах пулăшу парать. Вăл тӳрремĕн пулăшса пынипе «Красный воин», «Первое мая» тата ытти артельсенчи хор коллективĕсем чылай ăнăçлă ĕçлеме пуçларĕç, вĕсен пултарулăхĕсене хулари ĕçсыннисем юратса пăхаççĕ. Павел Егорович пулăшса пынипех «Красный воин» артельри культсовет культурăллă-массăллă ĕçе, артель членĕсене политикăллă воспитани парассине лайăх йĕркелерĕ. «Красный воин» артельри культсовет «Артельсенчи чи лайăх культсовет» ятне илессишĕн пынă Пĕтĕм Союзри смотрта малти вырăна тухса, преми илме тивĕçлĕ пулчĕ.

Павел Егорович хăйĕн пĕтĕм вăйне миршĕн, халăхсен телейлĕ пурнăçĕшĕн кĕрешес ĕçе хурать. Вăл—миршĕн тăракансен Пĕтĕм Союзри виççĕмĕш конференцийĕн делегачĕ. Конференци ĕçĕсем çинчен вăл хулари ĕçсыннисем умĕнче вунвиçĕ хутчен каласа панă, республикăри тата хулари хаçатсем çинче статьясем пичетлесе кăларнă.

— Америкăпа Англи империалисчĕсем çĕнĕ вăрçăшăн антăхаççĕ. Анчах эпир вĕсене ашкăнма памăпăр. Тĕнчери пĕтĕм тӳрĕ чунлă ĕçсыннисем, аслă Совет Союзĕ, аслă çулпуçăмăр Сталин юлташ ертсе пынипе миршĕн тăраççĕ. Мир вăрçа çĕнтеретех!—тет халăх депутачĕ.

Павел Егорович çинчен суйлавçăсем яланах ăшă кăмăлпа асăнса калаçаççĕ.

— Вăл пирĕн хастарлă депутат, чăнчăн халăх тусĕ,— теççĕ вĕсем.

**П. ЩИПЦОВ.**
**С. АСЛАН.**

Канаш хули.

## Евгений Багратионович Вахтангов

### (Вилнĕренпе 30 çул çитнĕ тĕле)

Театр искусствин чаплă деятелĕсен— К. С. Станиславскипе В. И. Немирович-Данченко ученикĕ Евгений Багратионович Вахтангов вырăс тата совет сцена искусствин историне талантлă актер, паллă режиссер, педагог-воспитатель тата театрта ĕçлекен çамрăксен руководителĕ пулса кĕрсе юлнă. Вăл çĕнĕ йышши театра— халĕ Вахтангов ячĕпе тăракан театра никĕслекенĕ тата унăн руководителĕ пулнă.

Вахтангов театрĕн историйĕ 1914 çулта студентсен драма кружокне организациленинчен пуçланнă, çав кружок совет влаçĕн малтанхи çулĕсенче Вахтангов студийĕ пулса тăнă. 1921 çулăн пуçламăшĕнче студин творчествăллă коллективĕ Художествăллă театр руководителĕсене— К. С. Станиславскипе тата В. И. Немирович-Данченкăна икĕ пьеса—Чеховăн «Свадьба» тата Метерлинкăн «Чудо святого Антония» пьесисене выляса кăтартнă. Çавăн хыççăн вара вăл студие МХАТ коллективĕн çемйине йышăннă. 1926 çулта правительство вахтанговецсен коллективне Государствăн Евгений Вахтангов ячĕпе тăракан театрĕ ятне панă. 1946 çулта, студие организациленĕренпе çирĕм пилĕк çул тултарнă кунсенче, çак театра правительство Ĕçлĕх Хĕрлĕ Ялав орденĕ парса наградăланă.

Кĕскен каласан, Вахтангов ячĕпе тăракан театрăн историйĕ çакăн пек ĕнтĕ. Анчах çак кĕскен каласа панă фактсем актер тата режиссер пулнă Евгений Багратионович Вахтангов вĕрентсе ӳстернĕ чаплă коллективăн пысăк кун-çулне уçса кăтартаççĕ.

Художествăллă театрăн реалистла шкулĕн идейисене тӳрремĕнех Константин Сергеевич Станиславскирен йышăнса, Вахтангов çав вĕрентĕве пирĕн çĕршыври театрсенче ĕçлекен çамрăксен анлă масси хушшине сарнă.

Вахтангов хăйĕн ученикĕсене «революци тăвакан» халăхшăн ĕçлеме вĕрентнĕ. Вăл çапла çырнă: «Художник... халăхпа пĕрле ĕçлеме тивĕçлĕ... Çĕнĕ япала туса хурас, çĕнтерӳ тăвас тесен, художника Антей çĕрĕ кирлĕ. Çав çĕр—халăх пулса тăрать. Çĕннине халăх çеç тăвать, творчествăллă вăй тата пулас произведени тĕшши пĕр унра çеç. Çав вăйпа усă курман тата çав тĕше туянман художник хăйĕн пурнăçĕ умĕнче пысăк çылăх тăвать».

Хăйĕн учителĕсен опытне малалла аталантарас тесе, Вахтангов сцена çинче тĕрĕс ĕçлемелли искусствăна лайăх вĕренсе çитнĕ. Унăн нумай енлĕ тата пысăк пултарулăхĕ çĕнĕрен çĕнĕ енĕсем кунтан-кун ытларах палăрса пынă. Октябрьти Социализмлă Аслă революци вăхăтĕнче Вахтангов çитĕнсе çитнĕ мастер пулнă, вăл искусствăра хăйĕн сăмахне калама хатĕр тăнă. Революци унăн творчествăллă вăйĕсене анлăн сарса яма май панă. Аслă Октябрь унăн искусствине тăрăнлатнă, çав искусствăна уçă тĕллевлĕ тата обществăра паллă вырăн йышăнса тăмалла тунă.

Вахтангов халăх театрĕ, пурнăçа революцилле майпа урăхлатса çĕнетес аслă тĕллевшĕн ĕçлекен театр тăвас идейăпа хавхаланса ĕçленĕ. Вăл пурнăç хыçĕнче сĕтĕрĕнсе пыракан искусствăна, куракансене хумхантараймаи. вĕсене пысăк ĕçсем тума хавхалантараймаи натуралистла «пĕчĕк» искусствăна хирĕç кĕрешнĕ. Совет влаçĕ пуçлансан малтанхи çулсенчех театрсене çӳреме пуçланă çĕнĕ çынсен ыйтăвĕсене шута илсе, Вахтангов вырăс классикĕсемпе Хĕвеланăç Европа классикĕсен произведенийĕсене çĕнĕлле ăнланса хаклама тăрăшнă. Буржуаллă кивĕ театр ĕçĕнче шанăç пĕтнĕ шухăш палăрса тăнă, искусствăшăн йывăр çулсенче буржуаллă театр яланах çавăн пек пулнă. Хăшпĕр художниксем совет театрне никĕсленĕ малтанхи çулсенче те çак йăлана пăрахман, Вахтангов вара ăна хирĕç пĕр килĕшсе тăмасăр кĕрешнĕ. Вăл совет театрĕ малалла аталанмалли çĕнĕ çул-йĕре творчествăллă пысăк хавхаланупа шыранă, искусство халăхпа тачă çыхăнса тăрассине çирĕплетнĕ.

Евгений Багратионович пурнăçĕн юлашки виçĕ çулĕ (1919—1922) унăн творчествăллă ĕçĕ хăвăрт чечекленсе пынипе палăрса тăнă. Йывăр чире кайнă пулин те, Вахтангов режиссер тата чылай студисенче преподаватель пулса питех те активлă ĕçленĕ. Хăйĕн чи лайăх спектаклĕсене, ăна малта пыракан режиссерăн мухтавлă ятне панăскерсене, вăл шăпах ĕнтĕ çав çулсенче хатĕрленĕ.

Вахтангов Чеховăн «Свадьба» пьеси социальнăй комеди пулнине уçса кăтартнă. Паллă режиссер çав пьесăри пĕчĕк интерессемпе пурăнакан геройсен мещенле тĕнчине, жигаловсемпе апломбовсен тата ыттисен вилме тивĕçлĕ тĕнчине питĕ вăйлă кăтартса панă. Çак тĕслĕхрен Вахтангов Чехов драматургине тĕрĕс çутатса пани, унăн пьесисенчи социальнăй пысăк ыйтусене тĕрĕс уçса кăтартни лайăх курăннă.

Метерлинкăн «Чудо святого Антония» пьесине лартнă чухне Вахтангов Франци буржуазин икĕпитлĕхне, çăткăнлăхне, чунсăрлăхне кăтартса панă. Буржуйсен тĕнчине режиссер питĕ хытă питлесе кăтартнă. «Чудо святого Антония» спектаклĕн содержанийĕ те, форми те вăл вăхăтшăн—вăрçăллă коммунизм тапхăрĕшĕн питĕ вырăнлă пулнă. Пĕтме тивĕçлĕ буржуаллă тĕнчене кăтартса пама режиссер художествăллă лайăх майсем шыраса тупнă.

Карло Гоцци çырнă «Принцесса Турандот» халап площадьсенче, халăх хушшинче, Италин кăнтăрти пĕлĕчĕ айĕнче çуралса тухнă спектакльсен шутне кĕнĕ, Пурнăçăн лайăх енĕсене кăтартакан, пурнăçа çирĕплетекен çак çамрăк та хаваслă спектакль Вахтанговăн юлашки режиссерла ĕçĕ пулнă. Вахтангов çапла шутланă: малтан хатĕрленмесĕр, пуçа мĕн килсе кĕнине калакан «маскăсен комедийĕ» евĕрлĕ лартакан спектакль пурнăçри çĕнĕ лару-тăрăва, театр искусстви умне тухса тăнă çĕнĕ ыйтусене кура улшăнма тивĕçлĕ тенĕ. Евгений Багратионович реалистла искусствăшăн, паянхине кăтартса панипе çеç лăпланман тата ыранхи пурнăç çине те пăхакан, фантазирен хăраман тата художествăллă пĕтĕçтерӳсем ытларах тăвакан искусствăшăн тăнă.

Вахтанговăн пурнăç çулĕ унăн творчествăллă ĕçĕ чечекленсе пынă çулсенче татăлнă. Вăл вăхăтра совет драматургийĕ çуралса çеç тухнă. Тарăн шухăшлă пысăк произведенисем—Треневăн «Любовь Яровая», Лавреневăн «Разлом», Всеволод Ивановăн «Бронепоезд», Сейфуллина çырнă «Виринея» пьесăсем чаплă режиссер тата артист пулнă Вахтангов вилнĕ хыççăн виç-тăватă çул иртсен тин тухнă.

Ун хыççăн иртнĕ 30 çул хушшинче Вахтангов театрĕ пирĕн çĕршыври чаплă театрсенчен пĕри пулса тăчĕ. Евгений Багратионович совет режиссерĕсен пысăк ушкăнне ӳстерсе çитĕнтернĕ. СССР халăх артисчĕ Ю. Завадский, РСФСР халăх артисчĕ Б. Захава, РСФСР искусствисен тава тивĕçлĕ деятелĕсем Л. Баратов, П. Горчаков, И. Рапоппорт, РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕсем Б. Вершилов, А. Ремизова тата ыттисем те хăйсен учителĕн реалистла искусствăри йăлисене чыслăн пурнăçласа пыраççĕ тата малалла аталантараççĕ. Вахтангов вĕрентсе ӳстернĕ талантлă актер, СССР халăх артисчĕ Борис Васильевич Щукин театрта тата кинора Ленин сăнарне чи малтанхи хут кăтартса пачĕ. РСФСР халăх артисчĕсем Алексеева, Мансурова, Орочко, Толчанов, Лукьянов, РСФСР тава тивĕçлĕ артисчĕсем Абрикосов, Синельникова, Русинова, Некрасова, Шихматов, Гриценко, Шухмин тата Пашкова юлташсем Вахтангов театрĕн актерĕсем пулнă.

СССР халăх артисчĕсем Мерецкая тата Грибов, РСФСР халăх артисчĕсем Степанова, Бендина, Кудрявцев, Жильцов тата ыттисем те Вахтангов театрĕн шкулĕнче вĕренсе ӳснĕ.

Сцена искусствин çак паллă деятелĕсем, Вахтангов пĕтĕçтернĕ коллективран тухнăскерсем, пурте столицăри паллă театрсенче ĕçлеççĕ.

Вахтангов ученикĕсем нацилле театрсене—грузин, армян, узбек, латыш тата ытти халăхсен театрĕсене аталантарас ĕçре пысăк пулăшу панă.

Вахтангов ученикĕсем тата вăл вĕрентнĕ тăрăх ĕçлекенсем тĕнчери чи малта пыракан искусствăна, Ленин—Сталин аслă идейисене халăх массисем хушшине саракан искусствăна, туса пыни паллă совет режиссерне Евгений Багратионович Вахтангова чи лайăх чĕрĕ палăк лартса пани пулать.

**РУБЕН СИМОНОВ,**
СССР халăх артисчĕ, Сталинла премии лауреачĕ.

Пирĕн çĕршыв—чи малта пыракан культура çĕршывĕ. Партипе правительство совет ученăйĕсен ĕçне пысăка хурса хаклаççĕ, вĕсемшĕн пĕрмаях тăрăшаççĕ. Сталин юлташ кăтартăвне—ют çĕршыври наука çитĕнĕвĕсене хăваласа çитмелле çеç мар, çывăх вăхăтрах вĕсене хăваласа çитсе иртсе каймалла тенине—пирĕн ученăйсем ăнăçлă пурнăçласа пыраççĕ.

Теорипе практика тачă çыхăнса тăни, наука тĕпчесе тунă выводсемпе тата çитĕнӳсемпе пурнăçра хăвăрт усă курма тăрăшни совет наукин уйрăмлăхĕсенчен пĕри пулса тăрать. Совет çĕршывĕнче наукăн пур çитĕнĕвĕсемпе те халăх массисен пурнăçпа культура шайне ӳстерме усă кураççĕ.

### III.

Капитал çĕршывĕсенче ĕç пачах урăхла. Эксплуатациленипе, çĕршыври халăхăн ытларахăшне юхăнтарса çукка хăварнипе, ытти çĕршывсенчи халăхсене, уйрăмах кая юлнă çĕршывсенчи халăхсене, хăйсене пăхăнтарса татти-сыпписĕр çаратнипе, юлашкинчен, вăрçă вăрçнипе тата халăх хуçалăхне вăрçа хатĕрленес тĕлĕшпе ĕçлеттернипе капитализмлă чи пысăк услам илесси—ку чухнехи капитализмăн экономикăри тĕп законĕн паллă уйрăмлăхĕсем пулса тăраççĕ, тесе вĕрентет Сталин юлташ.

Наци тупăшĕн питех те пысăк пайĕ эксплуатацилекен классен, çак тупăша тунă çĕрте нимĕн чухлĕ те хутшăнман классен, аллине кĕрет. США-ра иккĕмĕш тĕнче вăрçи умĕн, нумай пĕчĕклетнĕ, официальнăй сведенисем тăрăх, çĕршыври халăхăн 78,6 процент пулса тăракан ĕçсыннисем наци тупăшĕн 44,4 процентне çеç илнĕ. Халăх йышĕн калама та çук пĕчĕк пайĕ пулса тăракан капиталистсем вара наци тупăшне çурри ытла хăйсен аллине илнĕ.

Капитализмлă çĕршывсенче, уйрăмах США-ра, хĕçпăшал ытларах та ытларах хатĕрлени промышленноçа пĕр енлĕн, вăрçă хатĕрĕсем çеç тăвас енĕпе ӳстерет, халăха кирлĕ япаласем тăвассине чакарать, ĕçсыннисен пурнăçне питĕ начарлатать, капитализмлă çĕршывсен экономикине экономикăри çĕнĕ, пурпĕрех пулмалли кисренӳсем патне илсе пырать. Капитализмлă çĕршывсенче вăрçа хатĕрленес тата васкаса хĕçпăшалланас ĕç валли государство бюджечĕн чи пысăк пайĕ кайса тăрать. 1951—52 финанс çулĕнче США-н вăрçă расхочĕсем вăрçăччĕнхи шайран 76 хут ытла ӳснĕ. 1952 çулта США-ри влаçа тытса тăракан ушкăнсем ĕçсыннисен пурнăçне тата хытăрах хĕстересшĕн, ĕçсыннисем вара правительствăн хĕçпăшалланас программине пула ахаль те питĕ хĕн кураççĕ. Трумэн каланă тăрăх 1-мĕш июльтен пуçланакан çĕнĕ, 1952—1953-мĕш финанс çулĕнче США бюджечĕ 85—90 миллиард доллар пулмалла. Çак питех те пысăк суммăн 85 проценчĕ çар расхочĕсем валли каять.

Вăрçа хатĕрленме каякан çав тери пысăк расходсене ĕçсыннисен налогĕсене ӳстернипе витсе пыраççĕ. Уолл-стрит Корейăра вăрçă пуçланăранпа США конгресĕ налогсене ӳстерес тесе виçĕ хут сасăланă ĕнтĕ, çапла вара налогсене 15 миллиард доллартан ытларах ӳстернĕ.

Ĕçсыннисен пурнăçĕ кунтан-кун чăтма çук йывăрланса пынă вăхăтра Америка монополисчĕсем, экономикăна вăрçа хатĕрленме ĕçлеттернипе усă курса, тĕлĕнмелле пысăк тупăш илсе лараççĕ. 1951 çулта Америка монополийĕсен тупăшĕ çĕршыв историйĕн чи рекордлă шайне—44,8 миллиард доллара çитнĕ. Урăхла каласан, çав тупăш иккĕмĕш тĕнче вăрçи вăхăтĕнче çулсерен илнĕ вăтам тупăшран икĕ хута яхăн нумайрах, ку вăл мирлĕ вăхăтри тупăшран сакăр хут ытларах пулать. В. И. Ленин 1918 çулта Америка рабочийĕсем патне янă çырура: Америка миллиардерĕсем вăрçа пула пуйса пыраççĕ, Америка монополисчĕсем илекен кашни доллар çинче «тупăшлă» вăрçă хатĕрĕсенчен хăйпăннă пылчăк муклашки, кашни доллар çинче юн йĕрĕсем пур, тесе кăтартса панă. Çӳлте кăтартнă фактсем В. И. Ленин çав тери тĕрĕс каланине татах та тепĕр хут çирĕплетсе параççĕ.

Капитализмлă çĕршывсенче ĕçсыннисем ĕçсĕр тăрса юлнă пирки хĕн кураççĕ. Васкаса хĕçпăшал хатĕрленине пула промышленноçăн граждансла отраслĕсем ĕçлеме чăрăнаççĕ. Çавăнпа та ĕçсĕр юлнă çынсен нумай миллионлă çарĕ татах пысăкланать. США-ра ĕçсĕррисен çарĕ йышлансах пырать. Хальхи вăхăтра Англире ĕçсĕр юлнă тата кăшт кăна ĕçлекен çынсем ултçĕр пин çынна яхăн, Хĕвеланăç Германире—икĕ миллион çын ытла, Италире—тăватă миллион çынна яхăн.

Капитализмлă çĕршывсенче кулленкирлĕ таварсен хакĕ ӳссе пырать. Çав вăхăтрах ĕçсыннисен ĕç укçи малтанхи пекех юлать, çавна пула рабочи класăн пурнăçĕ начарланать.

Америкăри Пĕрлешӳллĕ Штатсенче 1951 çулхи январь уйăхĕнчен пуçласа 1952 çулхи февраль уйăхĕччен куллен кирлĕ таварсен хакĕ 22 процент ытларах ӳснĕ. Америкăри ĕçсыннисенчен ытларахăшĕ пурăнма кирлĕ чи пĕчĕк суммăран 25—30 процент пĕчĕкрех тупăш илет.

Ытти капитализмлă çĕршывсенче те ĕçсыннисен пурнăçĕ çавăн пекех питĕ начарланнă. Сăмахран, Англире иртнĕ çул хушшинче пурнăç хакĕ 25 процент ӳснĕ. Правительство 1951 çулта малтанхи ултă уйăх хушшинче çеç таварсен вăккăн суттармалли хакне ӳстересси çинчен 62 распоряжени кăларнă. Виççĕр ытла йышши тавар хакланнă. 1951 çулта сахăр, сĕт, çăмарта хакĕсем—20 процент, пулă консервисем—30 процент, бекон хакĕ—32 процент, сыр хакĕ 71 процент ӳснĕ. Промышленность таварĕсем те хакланнă. 1951 çулхи июнь уйăхĕнчен пуçласа июль уйăхĕччен çеç арçын ăтă-пушмакĕ—35 процент, хĕрарăм ăтă-пушмакĕсем—30 процент, ача-пăча кĕпе-йĕмĕсемпе çиелтен тăхăнмалли тумтирсем 25—30 процент хакланнă. 1951 çулта чугун çул билечĕсен хакĕ тата электроэнергишĕн тӳлекен укçа 20 процент пысăкланнă. Вăрçă пĕтнĕренпе вăхăт нумай иртрĕ пулсан та, Англире, Италире, Францире тата ытти капитализмлă çĕршывсенче нумай йышши таварсене карточкăсемпе кăна параççĕ. Карточкăпа паракан таварсен норми пĕрмаях пĕчĕкленсе пырать.

Капитализмлă çĕршывсенче ĕçсыннисен пурнăçĕ йывăрланнипе пĕрлех фашистла террор вăйланать. Анчах та васкаса хĕçпăшалланнине хирĕç, выçлăхпа çуксăрлăх политикине хирĕç пыракан рабочи класăн кĕрешĕвне правительство хĕсĕрлени чарса лартма пултараймасть. Капитализмлă çĕршывсенче пуринче те забастовкăсем пула-пула иртеççĕ. Раскольниксене, ĕçсыннисен чи усал тăшманĕсене—сылтăм социалистсене пăхмасăр, çакăршăн, миршĕн пыракан кĕрешӳре ĕçсыннисен пĕрлĕхĕ ӳссех пырать. Совет халăхĕн мирлĕ ĕçри çĕнтерĕвĕ капитализмлă çĕршывсенчи ĕçсыннисене капитализм чуралăхĕнчен хăтăлассишĕн малалла кĕрешме хавхалантарать.

* * *

Коммунистсен партийĕ, Совет правительстви, Сталин юлташ халăх пурнăçне лайăхлатма ырми-канми тăрăшни çине ответлесе, совет çыннисем социализмлă Тăван çĕршывăн вăй-хăватне малалла ӳстерессишĕн пысăк хастарлăхпа ĕçлеççĕ. Рабочисемпе хресченсем тата интеллигенци ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн, унăн хăйне ларакан хакне чакарассишĕн, 1952 çулхи халăх хуçалăх планне срокчен тултарассишĕн, коммунизм строительствин сталинла аслă программине хăвăртрах пурнăçлассишĕн социализмлă ăмăртăва татах анлăрах сарса пыраççĕ.

**Н. ЗАБОРСКИЙ.**

## Тĕрĕслеме янă çырусем тăрăх

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Ишлей районĕнчи Буденный ячĕпе тăракан колхозра сад ĕрчетес ĕçе тивĕçлипе хакламанни, садра ĕçлеме уйăрнă Смелов юлташ тăрăшманнине пула чылай улмуççисене шăшисем кăшласа пĕтерни, улмуççисем хăрни çинчен çыру килнĕччĕ.

ВКП(б) Ишлей райкомĕн секретарĕ Ашмарин юлташ Смелов юлташ çинчен колхозри партбюро ларăвĕнче сӳтсе явни çинчен пĕлтерчĕ. Хăйне шанса панă ĕçе—обществăллă пурлăха сыхлас ĕçе кирлĕ пек туса пыманшăн Смелов юлташа ятланă.

Колхоз правленийĕ Смелов юлташа ĕçрен кăларнă, колхоза сиен тунăшăн тӳлеттермелле тунă.

* * *

Канаш хулинчи санитари врачĕн помощникне П. Маркова юлташа хулари санитарипе эпидеми станцийĕн главнăй врачĕ А. Тихонова законсăр йĕркепе (ĕçлекенсен штатне хăй ирĕкĕпе улăштарса) вырăнтан кăларса янă. Чăваш АССР Сывлăх министерстви Марковăна каялла ĕçе илме хушнă. Анчах главнăй врач Тихонова, министерство приказне пăхăнмасăр, ăна ĕçе илмесĕр тăнă. Çавăн çинчен Маркова çырса янă жалобăна «Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцийĕ Чăваш АССР Сывлăх министерствине тивĕçлĕ мерăсем йышăнма янăччĕ.

Чăваш АССР Сывлăх министрĕ Ефимова юлташ Канаш хулинчи санитарипе эпидеми станцийĕн главнăй врачне Тихонова юлташа санитари врачĕн помощникне П. Маркова юлташа хăй малтан ĕçленĕ вырăна илме, хăйĕнчен килмен сăлтава пула ĕçлемесĕр пурăннă вăхăтшăн укçа тӳлеме хушнă.

Чăваш АССР Сывлăх министерстви Тихонова юлташа çак ыйтупа министерство йышăннă приказа пурнăçламасăр тăнăшăн ятланă.

* * *

«Коммунизм ялавĕ» хаçат редакцине Кӳкесри чайнăйра апат-симĕçе кирлĕ пек пĕçерменни, унта ĕçлекенсем ĕçсыннисен ыйтăвĕсене тивĕçтерме тăрăшманни çинчен çыру килнĕччĕ. Çырăва, ситменлĕхсене пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнма, Шупашкар райисполкомне янăччĕ.

Райисполком чайнăй ĕçне лайăхлатма мерăсем йышăнни çинчен пĕлтерчĕ. Старши повар пулнă Михайлова кирлĕ пек ĕçлесе пыманшăн вырăнтан кăларнă, чайнăй заведующине Лаврентьева работниксен ĕçне куллен тĕрĕслесе тăманшăн асăрхаттарнă.

# Совет Правительстви Германипе мирлӗ договор тӑвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене панӑ нота çинчен урӑх çӗршывсенче мӗн çыраççӗ

## Германи

БЕРЛИН, майӑн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Хӗвеланӑçӗнчи державӑсем Германи ыйтӑвӗ пирки Совет Правительствине 1952 çулти майӑн 13-мӗшӗнче нотӑсем янӑ хыççӑн Совет Правительстви ответлесе çырнӑ нотӑн текстне паян АДН агентстви хаçатсем çинче пичетлеме панӑ.

Демократиллӗ Германи Республикин пур радиостанцийӗсем те паян СССР Правительстви Германипе мирлӗ договор тӑвас ыйтупа хӗвеланӑçӗнчи державӑсене панӑ нотӑн пӗтӗм текстне темиçе хутчен те пӗлтерчӗç.

## Чехословаки

ПРАГА, майӑн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Паян каçхине Чехословакири радио тӑрӑх Совет Правительстви Германипе мирлӗ договор тӑвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене панӑ нотӑн текстне вуланӑ. Совет Союзӗн тулашри политикин çак çӗнӗ документне Чехословаки халӑхӗ мира юратакан мӗн пур çынсен, Германи ыйтӑвне ӑнăçлă татса парассишӗн тата Германирен пӗрлӗхлӗ, демократиллӗ, мира юратакан государство туса хурассишӗн тӑрăшакан çынсен шухӑшне туллин палăртса тӑракан документ тесе шутлать.

## Румыни

БУХАРЕСТ, майӑн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Совет Правительствин нотин текстне Румыни телеграф агентстви хаçатсем çинче пичетлеме панӑ. Бухарестри радио тӑрӑх паян Совет Правительстви Германипе мирлӗ договор тӑвас пирки Пӗтӗм Германи правительствине туса хурас ыйтупа майӑн 24-мӗшӗнче панӑ нотӑн пӗтӗм текстне икӗ хутчен вуланӑ.

Румыни столицинчи общественность çак документа Германи ыйтӑвне йӗркелесе тӗлӗшпе тунӑ тата тепӗр пакха ӗç тесе тата Совет Союзӗн тулашри ăлаяхи мирлӗ политикине палăртса тӑракан тӗслӗх тесе хаклать. Общественность хӗвеланӑçӗнчи державӑсен правительствисем, Хӗвеланӑç Германие сепаратнӑй мирлӗ договор тума хатӗрленекенскерсем, агрессиллӗ политика тытса пынине тата вӗсем мирлӗ договор тӑвас çӗре юриех тӗрлӗ чӑрмавсем кӑларса тӑратма хӑтланнине палӑртать.

## Франци

ПАРИЖ, майӑн 25-мӗшӗ. (ТАСС). «Суар-Диманш» хаçат Совет Союзӗн Правительстви Германипе мирлӗ договор тӑвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене панӑ çӗнӗ нота çинчен пӗлтернине пӗрремӗш страницӑра пичетлесе кӑларнӑ. Ку пӗлтерӳре «ССР Союзӗ Германи ыйтӑвӗпе пӗр тӑхтаса тӑмасӑр тата тӳрремӗнех калаçусем ирттерме ыйтса требовани лартать» тенине заголовокпа пичетленӗ.

Совет Союзӗн Правительстви Германипе мирлӗ договор тӑвас пирки çырнӑ çӗнӗ нотӑна хӗвеланӑçӗнчи виçӗ державӑн правительствисене Бонра вӑрçа хатӗрленмелли договор туса алӑ пусас умӗн ярса панӑ. Бонра «Германин фашистла çарне çӗнӗрен пухнине, Германи икӗ пая уйӑрӑлса тӑнине, Хӗвеланӑç Германие Атлантика пӗрлешӗвне кӗртнине, Плевен—Шуман правительстви нимӗç милитаристсемпе, Франци оккупациле хӗн-хӳр кӑтартнӑ милитаристсемпе, союз тунине официальнӑй çирӗплетекен, вӑрçа хатӗрленмелли договор туса алӑ пусма шутлаççӗ», тесе çырать хаçат.

Совет Союзӗн нотинче Германин пӗрлӗхлӗ, никама пӑхӑнман, демократиллӗ, мира юратакан государствине туса хурас тӗлӗшпе кӑларса тӑратнӑ конкретлӑ сӗнӳсем Францинчен питӗ пысӑк пӗлтерӗшлӗ пулнине палӑртать хаçат.

«Суар-Диманш» хаçат Совет Правительстви 1952 çулхи майӑн 24-мӗшӗнчи нотине кӑларса тӑратнӑ сӗнӳсен текстне пичетленӗ.

ПАРИЖ, майӑн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Франс пресс агентстви Совет Правительстви Германипе мирлӗ договор тӑвас пирки США, Англи тата Франци правительствисене янӑ нотӑра мӗн калани çинчен çырнӑ статьяна хаçатсем çинче пичетлеме панӑ.

## США

НЬЮ-ЙОРК, майӑн 25-мӗшӗ. (ТАСС). Нью-Йоркри радио пӗлтернӗ тӑрӑх, Совет Правительстви Германипе мирлӗ договор тӑвас пирки панӑ çӗнӗ нотӑна США, Англи тата Франци ют çӗршыв ӗçӗсен министерствисем халӗ тӗпчесе вӗренеççӗ. США государство департаменчӗ Совет Правительствин нотӑ çинчен хӑйӗн шухӑшне халлӗхе официальнӑй йӗркепе нимӗн те пӗлтермен.

# Америкӑпа Англири пуç пулса тӑракан ушкӑнсем Бонри реваншистсемпе тунӑ кавар

### Бонра „пӗтӗмӗшле договор" çине алӑ пуснӑ

БЕРЛИН, майӑн 26-мӗшӗ. (ТАСС). Хӗвеланӑç Германири ДПА агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, паян Бонн хулинче Хӗвеланӑç Германири «федеральнӑй республикӑпа» США, Англи тата Франци хушшинче «пӗтӗмӗшле договор» тенӗскерӗ çине алӑ пуснӑ.

Хӗвеланӑçри державӑсем Бонри правительствӑпа тунӑ сепаратлӑ «договор» тӗлӗшле вӑл—Хӗвеланӑç Германие хӗвеланӑç Европӑри çӗршывсен çар блокне кӗртесси пулать.

«Пӗтӗмӗшле договор» хӗвеланӑçри державӑсене Хӗвеланӑç Германи территорийӗнче хӑйсен çарӗсене тытса тӑма туллин право парать. Вӗсем кирек хӑш вӑхӑтра та Хӗвеланӑç Германийре чрезвычайнӑй лару-тӑру туса хума тата пӗтӗм влаçа хӑйсен аллине илме пултараççӗ. Çак «договор» тӑрӑх Бонри правительство хӗвеланӑçри державӑсен оккупациллӗ çарӗсене тытса тӑрас тӗлӗшпе пулакан расходсене, çавӑн пекех «Европа çарӗ» тенӗскерне кӗрекен çара пухса тытса тӑрас тӗлӗшпе пулакан расходсене те хӑй çине илет.

Бонри правительствӑн çакнашкал обязательствисене «пӗтӗмӗшле договор» çумне «хушса çырнӑ килӗшӳсенче» тӗплӗн кӑтартса панӑ.

«Пӗтӗмӗшле договор» Германие нихӑш енчен те никама пӑхӑнманлӑх тата хӑй тӗллӗн тытӑнса тӑрас йӗрке туса памасть. Ячӗшӗн вӑл хӗвеланӑçри державӑсен оккупаци статутне улӑштарать. Анчах та договор Хӗвеланӑç Германие оккупацилле тӑмалли режима çаплипех хӑварать, Хӗвеланӑç Германи хӗвеланӑçри державӑсене пăхăнса тӑмалла пулать. «Пӗтӗмӗшле договор» ăна хӗвеланăçӗнчи виçӗ державӑ парламенчӗсем тата Бонри парламент ратификацилени хыççӑн пурнӑçа кӗрет.

«Пӗтӗмӗшле договор» вӑл—вӑрçӑ чӗртекен Америкӑпа Англи ушкӑнӗсем Хӗвеланӑç Германи милитарисчӗсемпе тата реваншистсемпе çар килӗшӗвӗ туни пулать. «Пӗтӗмӗшле договор» милитаристла договор пулнӑ пирки Германи пайланса тӑрасси тата ытларах вӑйланать. Вӑл Германие хӗвеланӑçпа пӗрлештерсе ӗçе тата мирлӗ договор тӑвас ӗçе чарса тӑрать. Хӗвеланӑç Германие агрессиллӗ çара усӑлах туса пыма май парать, çӗнӗ вӑрçӑ хӑрушлӑхне ӳстерет.

Кунта Бонри канцлер Аденауэр пӗтӗмӗшле договор» çине нимӗç халӑхӗн ирӗкне хирӗç тӑрса алӑ пусни çинчен палӑртмалла.

Германири демократиллӗ общественность Аденауэр «пӗтӗмӗшле договор» çине алӑ пуснине тӗрӗссипе нацие интересӗсене сутни вырӑнне хурса, çавӑн пекех тата Хӗвеланӑç Германипе çар диктатури режимӗ туса хурас тӗллевпе государство переворочӗ туни вырӑнне хурса хаклать.

Нимӗç халӑхӗ çакӑ сепаратлӑ «пӗтӗмӗшле договор» çине мӗнле пӑхнине Бонра сепаратлӑ договорсем çине алӑ пусассине мӗнле лару-тӑрура ирттни те лайӑх кӑтартса парать.

АДН агентствин Бонри корреспонденчӗ пӗлтернӗ тӑрӑх, «пӗтӗмӗшле договор» çине алӑ пусасси Сурсӗр Рейн—Вестфали пӗтӗм çӗрӗсенчен Бона тата Бони районне илсе пынӑ 25.500 хӗçпӑшаллӑ полицейскисем хуралласа тӑнӑ условисенче пулса иртнӗ. Бонн хули крепость майлӑ пулса тӑнӑ. Полици чаçӗсем хулана Аденауэрӑн сутӑнчӑкла ӗçӗсене хирӗç тӑвакан демонстрацисене пур майсемпе те чутарса лартма приказ илнӗ. Хӗçпӑшаллӑ полици нарячӗсем кирек хӑш вӑхӑтра та хӗçпӑшалпа усӑ курма хатӗр тӑнӑ. Полицейскисем вӗçӗмсӗр хула урамӗсем тӑрӑх куçса çӳренӗ, çынсене пӗр çӗре пухӑнма паман. Договор çине алӑ пуснӑ чухне парламент çуртне полицейскисем хӳтӗлесе тӑнӑ.

Хӗвеланӑç Германири халӑх шухӑшне çак факт та лайӑх кӑтартса парать: Хӗвеланӑç Германири çӗрсенчен Бонри правительствӑпа государство учрежденийӗсем çине наци ялавӗсем кӑларса çакма панӑ приказа тӑххӑрӑшӗнчен иккӗшӗ кӑна пурнӑçланӑ. Ытти çӗрсенче администраци влаçӗсем халӑх хирӗçерен хӑраса ялавсем кӑларса çакма килӗшмен, çапла вара вӗсем договорсем çине алӑ пусассине хирӗç пулнине кӑтартнӑ.

Хӗвеланӑçри державӑсен представителӗсем хушшинче те шиклене ӳкни палӑрнӑ. Журналистсем каланӑ тӑрӑх, Франци правительстви представителӗсем алӑ пусма юлашки минутсем çитсе тӑнӑ вӑхӑтра «Европа çарӗнче» пулакан Германи реваншисчӗсем çарӗ Франци хирӗç тӑмасть тесе «гаранти» пама ыйтнӑ. Парижран пӗлтернӗ тӑрӑх, Франци делегацийӗ çапла ыйтни вӑл Франци пуç пулса тӑракан ушкӑнсем «пӗтӗмӗшле договор» çине алӑ пуснӑ май Франци халӑхне хирӗç мӑссӑллӑ протестлени правительство кризисӗ пулса тӑрассинчен хӑраса ӳкнине кӑтартать.

Германие пур çӗрте те Америкӑпа Англи империалисчӗсем Хӗвеланӑç Германире кавар тунине хирӗç протестлесе мӑссӑллӑ митингсемпе демонстрацисем пулса иртеççӗ.

# Корейӑри ӗçсем

### ХАЛӐХ ÇАРӖН ГЛАВНӐЙ КОМАНДОВАНИЙӖ ПӖЛТЕРНИ

ПХЕНЬЯН, майӑн 26-мӗшӗ. (ТАСС). Демократиллӗ Корея Халӑх Республикин Халӑх çарӗн главнӑй командованийӗ паян çапла пӗлтерчӗ: Корея Халӑх çарӗн соединенийӗсем Китай халӑх добровольцӗсен чаçӗсемпе пӗрле пур фронтсенче те Америка тата Ли Сын Ман çарӗсене хирӗç оборонӑра тӑраççӗ, тӑшман салтакӗсемпе офицерӗсене тата техникине нумай пӗтереççӗ.

Паян Халӑх çарӗн зенитнӑй чаçӗсем тата самолетсене хирӗç çапăçакан салтакӗсен отрячӗсем тӑшманӑн 5 самолетне персе ӳкернӗ, 4 самолетне сиенленӗ. Çав самолетсем унчченхи, ытти самолетсемпе пӗрле, тыл районсенчи мирлӗ халӑх пурӑнакан хуласене ялсем çине бомбӑсем пӑрахнӑ тата пулеметсенчен пенӗ çӗре хутшӑннӑ пулнӑ.

### АМЕРИКА АВИАЦИЙӖ КОРЕЙӐРИ ХУЛАСЕНЕ ÇӖНӖРЕН ХЫТА ТАПАННӐ

ПХЕНЬЯН, майӑн 26-мӗшӗ. (ТАСС). Майӑн 25-мӗшӗнче çӗрле Америка самолечӗсем Пхеньян хули çине бомбӑсем пӑрахнӑ тата пулеметсенчен пенӗ. Сывлӑшран хыта тапаннӑ пирки хулари çынсем хушшинче вилнисемпе аманнисем пулнӑ.

Америка самолечӗсем Вонсан, Нампхо, Синчон, Аньчжу, Суньчхонь хулисем çине тата ытти хуласем çине те пулеметсемпе пенӗ, бомбӑсем пӑрахнӑ.

### Риджуэй генерал Парижа пырассине хирӗç протестлеççӗ

ПАРИЖ, майӑн 24-мӗшӗ. (ТАСС). Франци коммунисчӗсен партийӗн Сена департаменчӗнчи федерацийӗ ыранхи ӗнер Париж хулинче тата унӑн сывӑхӗнчи поселоксенче Эйзенхауэр вырӑнне уйӑрса лартнӑ Америка генералӗ Риджуэй Франци пырассине хирӗç протестлесе пысӑк демонстрацисем ирттернӗ.

Çавӑн пек демонстрацисене ирттерме Сена департаменчӗн префекчӗ чарнӑ. Çапах та столицӑри урамсемпе площадьсене каçхине 6 сехет тӗлне темиçе пин ӗççынни тухнӑ. Латински квартал районӗнче, Одеон площадӗнче, Фебур-дю-Тампль урамӗнче, Булонь Бийанкур районӗнче, Сен-Лазар вокзалӗ патӗнче уйрӑмах пысӑк демонстрацисем пулса иртнӗ. Демонстраци хутшӑннисем «Риджуэй—çын вӗлерекен!», «Риджуэй кунта ан килтӗр!», «Американецсем, киле тухса кайӑр!» тесе çырнӑ плакатсем çӗкленӗ пынӑ.

«Юманите» хаçат çавнашкал демонстрацисем Париж хули пӗтӗмӗн районӗсенче пурӑнакан поселоксенче те пулса иртни çинчен пӗлтерет. Сент-Уэнра демонстраци пӗр сехете яхӑн пынӑ, унта 4 пин ӗççынни пухӑннӑ. Сен-Денире, Иврире, Жантийире, Шуази-ле-Руа поселоксенче тата ытти çӗрте те полицине «республика хӑрушсӑрлӑхӗн отрячӗсем» текенскерсем Франци халӑхне демонстрацисем ирттерме, Корея халӑхӗн палачӗ Парижа пырассине хирӗç хаяррӑн протестлеме чарма пултараймаҫ. Хӗçпӑшаллӑ полицейскисемпе охранкӑсен отрячӗсем демонстрантсене хӑваласа яма хӑтланнӑ, вӗсенчен хӑшпӗр çынсене тытса хупнӑ, демонстрантсене чукмарсемпе хӗненӗ. Анчах полицисемпе охранкӑсем çавӑн пек хӑтланни нимӗн ӑнăçсӑр пулнӑ.

Хаçатсенче пичетленнӗ свеленисем тӑрӑх, 260 çынна тытса хупнӑ. Франс пресс агентстви пӗлтернӗ тӑрӑх, тытса хупнисенчен 200 çынна ирӗке кӑларнӑ.

Риджуэй Парижа пырассине хирӗç протестлесе Францири ытти хуласенче те демонстрацисем ирттернӗ.

«Юманите» хаçат паян Сена департаменчӗнчи миршӗн кӗрешекенсен совечӗн бюровӗ чӗнсе каланине пичетлесе кӑларнӑ. Бюро Париж халӑхне Риджуэй генерал Францине пырассине хирӗç протестлеме майӑн 28-мӗшӗнче митинга пухӑнма чӗнет.

Хаçат çавӑн пекех Пӗтӗм Францири мир совечӗн бюровӗн пӗлтерӗвне пичетленӗ. Бюро миршӗн кӗрешекен мӗн пур çынсене Америка генералӗ Риджуэй Франци пырассине хирӗç протестленине кӑтартса пама ыйтать.

### Францире реакци пуçсӑрланать

### «Юманите» хаçатӑн главнӑй редакторне Андре Стиле тытса хупнӑ

ПАРИЖ, майӑн 25-мӗшӗ. (ТАСС). «Суар-Диманш» хаçат çапла пӗлтерет: паян ирхине «Юманите» хаçатӑн главнӑй редакторне, Францин прогрессивнӑй паллӑ писательне, Сталинла премии лауреатне Андре Стиле законсӑр йӗркепе тытса хупнӑ.

«Юманите» хаçатра умстатьи пичетлесе тухнӑ пулнӑ. Унта Парижри çӗрсенче Риджуэй генерал Парижа пырассине хирӗç протестлеме майӑн 25-мӗшӗнче Республика площадьне пухӑнма чӗннӗ. Андре Стиле çав статьяна кӑларнӑшӑн тытса хупнӑ.

«Суар-Диманш» хаçат çапла палӑртать: Андре Стиле тытса хупма хушса, Пина правительстви Вашингтонри хуçисен приказне пурнӑçланӑ. Вашингтонри гитлеровецсене çӗнтернӗ халӑх, теса çырать хаçат, Андре Стиле тӗрмерен кӑларма пултарать, халӑх Франци ирӗке кӑларать.

# Корея Халӑх çарӗпе Китай халӑх добровольцӗсен главнӑй командованийӗн представителӗ каласа пани

ПЕКИН, майӑн 26-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран çапла пӗлтерет:

Ассошиэйтед пресс агентствин Токиори корреспонденчӗ майӑн 23-мӗшӗнче пӗлтернӗ тӑрӑх, Америкӑн Корейӑри хӗçпӑшаллӑ вӑйӗсен главнокомандующийӗ Кларк хӑйӗн çарӗсене Кочжедо утравӗ çинче тата Пусанра тыткӑнри çар çынниссене хирӗç çапăçма гранатӑсемпе, куçсуль юхтаракан газсемпе усӑ курма приказ пани çинчен усӑхах каланӑ. Америкӑри хаçатсем тата çакӑн çинчен пӗлтерӗç: Америка çарӗсем Кочжедо утравӗ çинче тыткӑнри çар çыннисене умӗнче вӑрçӑра штыксемпе мӗнле çапăçмаллине тата наркӑмӑшлӑ газсемпе мӗнле усӑ курмаллине вӗренеççӗ.

Çавна май, Корея Халӑх çарӗпе Китай халӑх добровольцӗсен главнӑй командованийӗн представителӗ çапла каласа панӑ:

Тыткӑна лекнӗ пирӗн çар çыннисем суйласа илсе тӑшмансен çарне амалла тунипе килӗшӳ тата перемири хыççӑн каялла хӑйсен тӑван çӗршывӗсене таврӑнмалли прависене сухатма килӗшӳ тесе, американецсем февралӗн 18-мӗшӗнче тата мартӑн 13-мӗшӗнче тыткӑнри пирӗн çар çыннисене ушкӑнӗ-ушкӑнӗпе вӗлернӗ, Американецсем 391 çынна вӗлернӗ тата амантнӑ. Майӑн 24-мӗшӗнче Америкӑри хаçатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, американецсем апрелӗн 10-мӗшӗнче Кочжедо утравӗ çинче тыткӑнри çар çыннисене çӗнӗрен ушкӑнӗ-ушкӑнӗпе вӗлернӗ. Пӗтӗмпе тыткӑнрисенчен 60 çынна вӗлернӗ тата амантнӑ. Çак уйӑх пуçламӑшӗнче, тыткӑнри пирӗн çар çыннисем хирӗç тӑнӑ хыççӑн, Америкӑн тыткӑнри çар çыннисен лагерӗн коменданчӗ «малашне ирӗксӗрлессине тата ют тӑкассине чарса лартма», тыткӑнри çынсем çине этемле мар пӑхас йӑлана пӗтерме, «тыткӑнри çынсене ирӗксӗрлесех çара суйласа илессине пӗтӗмпех чарса лартма» сӑмах панӑ. Анчах американецсем çав сӑмаха пурнӑçламарӗç, тыткӑна лекнӗ пирӗн çар çыннисене тата хытӑрах хӗсӗрлес тӗлӗшпе çӗнӗ ӗçсем турӗç. Майӑн 20-мӗшӗнче Америка çарӗсем Пусан патӗнчи лагерьте тыткӑнри çар çыннисене ирӗксӗрлесех суйласа илнӗ вӑхӑтра тата унта пулнӑ тытӑçусем вӑхӑтӗнче тыткӑнри çынсенчен чылайӑшне амантрӗç тата вӗлерчӗç. Çавӑн чухне пӗтӗмпе 86 çынна амантнӑ тата вӗлернӗ. Тӑшман хаçачӗсем пӗлтернӗ тӑрӑх, тыткӑнри çар çыннисен Пусан çывӑхӗнчи лагерӗнче юлнӑ тыткӑнри çынсене пулинчен, американецсем майӑн 12-мӗшӗнче пуçласа тыткӑнри çынсен апат-çимӗç паексене пӗчӗклетме тытӑннӑ, вӗсем çавна тыткӑнри çынсене тӑшмансен çарне каймашкӑн килӗшме хӗтӗртес шутпа тунӑ.

Çавӑн пек этемле мар тата законсӑр ӗçсем те тыткӑна лекнӗ пирӗн çар çыннисен, хӑйсене тӑван, çӗршыва каялла яма ыйтакан çынсен, çирӗп шухӑшне нимӗн чухлӗ те хавшатайманнине американецсем ӑнланса илнӗ. Вара Америка агрессорӗсем-варварсем çынсене ушкӑнӗ-ушкӑнӗпе вӗлерме тытӑннӑ. Тискер ӗçсем тума тата ирӗксӗрлеме чарӑнманнине хирӗç пирӗн тыткӑнри пирки калаçнӑ чухне эпир хытӑ протестлерӗмӗр пулин те, американецсем нимӗнле ответ та пама килӗшмерӗç. Вӗсем пачах урӑхла турӗç, вӗсен командующийӗсем тыткӑнри пирӗн çар çыннисене вӑйлӑрах хӗсӗрлеме тата вӗлерме тытӑнчӗç.

Америкӑн саккӑрмӗш çарӗн командующийӗ Ван Флит тыткӑнри çар çыннисене асапланатарас ӗçе организацилӗмӗ Кочжедо утравӗ çине хӑй кайнӑ. Çарсен йышне нумай пулмасть çӗнӗрен салтаксем илсе пырса пысӑклатнӑ. Çарсем тума çунакан шӗвек сапакан хатӗрсем лартнӑ танксем Кочжедо утравӗ çинче, çавӑнпа пӗрлех Пусан районӗнче активлӑ çапăçу пуçланӑ. Кунсӑр пуçне, ку районсене татах те çар чаçӗсем янӑ.

Кларк хӑйӗн тӗллевӗсем çинчен майӑн 23-мӗшӗнче каласа панӑ хыççӑн, американецсем хӑйсен каварне усӑнах пурнӑçласа пыма тытӑннӑ. Ку ӗçсем пӗтӗм тӗнчери çынсен питӗ тимлӗ пӑхмасӑр ирттерсе яма пултараймаççӗ.

Тыткӑна лекнӗ пирӗн çар çыннисен хӑйсем çине этемле пӑхмашкӑн ыйтма тата перемири тунӑ хыççӑн хӑйсене тӑван çӗршыва яма ыйтма право пур. Американецсем этемле пӑхманнине тата тискеррӗн ирӗксӗрлесе суйласа илсе тӑшман çарне янине хирӗç тыткӑнри çынсем кӗрешни вӑл пӗтӗмпех тӗрӗс ӗç пулса тӑрать.

Тыткӑна лекнӗ пирӗн çар çыннисене хирӗç тискер ӗçсем тунӑшӑн тата хытӑ хӗсӗрленишӗн Америкӑн агрессорӗсемпе вӗсем майлӑ тӑракансем ответ тытма тивӗçлӗ.

# Америка агрессорӗсем Кочжедо утравӗ çинче тыткӑнри çар çыннисене тискеррӗн вӗлерни

ПЕКИН, майӑн 26-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентстви ятарласа кайнӑ корреспонденчӗ Кэсонран çакӑн çинчен пӗлтерет:

Апрелӗн 10-мӗшӗнче Кочжедо утравӗ çинче тыткӑнри çар çыннисенчен 60 çынна вӗлернӗ тата амантнӑ пулнӑ. Америка агрессорӗсем çав çынсене вӗлернине 44 кун хушши тӗнчери халӑхран пытарса тӑнӑ. Американ гласнӑй делегачӗ Гаррисон, общественность куçӗ умӗнчен пытанма хӑтланса, перемири çинчен пыракан калаçусенче чарса лартнӑ хыççӑн çеç Америка цензорӗсем çав хыпара пӗлтерме ирӗк панӑ. Çак хыпар Америка агрессорӗсен вӑрттӑн ӗçӗсене çӗнӗрен тӑрӑшса уçса çине кӑларнӑ.

Тыткӑнри çав çынсем юн юхтарса вилнӗ вӑхӑтра тыткӑнри çар çыннисем çинчен çӳтсе явакан штаб офицерӗсем хуптӑ ларӑвӗсене ирттерме 15 кунлӑха чарӑннӑ пулнӑ, Америка çарӗсем тыткӑнри çар çыннисене ирӗксӗрлесех утрав çинчен урӑх çӗре куçарса тӑнӑ.

Америкӑри хаçатсем çырнӑ тӑрӑх, çав юнлӑ истори тыткӑнри çар çыннисене Америка çарӗсем майлӑ вӑрçма «суйласа илессине» тачӑ çыхӑнса тӑрать. Ку исторе çапла пулса иртнӗ:

Февралӗн 18-мӗшӗнче Кочжедо утравӗ çинче тыткӑнри çар çыннисенчен 78 çынна вӗлернӗ, 139 çынна амантнӑ; мартӑн 13-мӗшӗнче çав утрав çинче 12 çынна вӗлернӗ, 26 çынна амантнӑ: апрелӗн 10-мӗшӗнче утрав çинче 3 çынна вӗлернӗ, 57 çынна амантнӑ: майӑн 17-мӗшӗнче утрав çинче тыткӑнри пӗр çынна вӗлернӗ: майӑн 20-мӗшӗнче Пусанра тыткӑнри пӗр çынна вӗлернӗ тата 85 çынна амантнӑ.

Çапла вара, тыткӑнри çынсенчен пӗтӗмпе 402 çынна вӗлернӗ тата амантнӑ. Кунсӑр пуçне мӗн чухлӗ вӑрттӑн тискер ӗçсем тунине халӗ пӗлсе çитмен-ха.

Тыткӑнри çар çыннисене тӑтӑшах вӗлересси çапла пулса пынӑ: февралӗн 18-мӗшӗнче тыткӑнри çар çыннисене ушкӑнӗ-ушкӑнӗпе вӗлернӗ хыççӑн, февралӗн 27-мӗшӗнче Додд, ун чухне çав вӑйӗн утравӗ çинче Америка комендантӗ пулнӑскер, корреспондентсене каласнӑ. Вӑл çапла ӑнлантарса панӑ: «Эпир вӗсем лагерьтен каясшӑн е каясшӑн мар пулнине пӗлес тесе хӑйсен суйлама ирӗк патӑмӑр тата хӑйсем кам майлӑ тӑнине уçӑн пӗлесшӗн пултӑмӑр», тенӗ.

Иккӗ эрне иртнӗ хыççӑн утрав çинче тыткӑнрисенчен 38 çынна вӗлернӗ тата амантнӑ. Тепӗр виçӗ эрне иртсен «Додд куçӗ умӗнчех» тыткӑнрисенчен 3 çынна вӗлернӗ, 57 çынна амантнӑ.

Виçӗ кун иртсен, апрелӗн 13-мӗшӗнче, утрав çинче çынсене вӗлерни çинчен хыпар сарма цензура хытӑ чарнине усӑ курса, Риджуэй Токиора Америка «этем пурнӑçне мӗн хак пани çинчен» тӗнчене пӗлтернӗ. Ку çынвӗлерен тыткӑнри çынсем çинчен: «Вӗсен енче этем пурнӑçӗ ниме те тӑмасть», тенӗ.

Майӑн 17-мӗшӗнче Америка «этем пурнӑçне çавӑн пек хак панине» пурнӑçласа шутра Америка çарӗн хуралта тӑракан салтакӗ утрав çинче Китайӑн тыткӑнри пӗр çар çыннине вӗлернӗ. Майӑн 20-мӗшӗнче Пусанра тыткӑнри çар çыннисенчен 86 çынна вӗлернӗ тата амантнӑ. Майӑн 23-мӗшӗнче Боутнер информаци бюллетенӗ тӗнчене вӑл мӗн тума шутланни çинчен пӗлтернӗ. «Вӑл вайпа усӑ курса хӑйне пӑхӑнтарса тӑма хатӗрленет... Ун çинчен астуса тӑрӑр», тенӗ.

Çав тискер ӗçсене вӑрттӑн тунӑ тата цензура вӗсем çинчен пӗлтерме чарнӑ, çапах та унта тӑкӑннӑ юн пӗтӗм тӗнчене паллӑ пулнӑ. Çав юн тыткӑнри çынсем хӑйсем çине тӑрса çапăçнӑ тӑшмансен аллине ӗмӗрлӗхе пусмӑрлӑхпа чурӑлӑха лекессинчен вилӗме маларах хуни çинчен тӗнчери çынсене кӑтартса панӑ.

# Ӑмӑртура лайӑх тӗслӗх кӑтартнӑ

Майӑн 20—25-мӗшӗсенче Ульяновск хулинче Досааф командӑсем хушшинче тӗл персе РСФСР-та мала тухассишӗн ӑмӑртуй. Ӑмӑртӑва Пушкӑрт, Мари, Мордва, Тутар, Удмурт, Чӑваш республикисен, Куйбышев, Пенза, Саратов, Ульяновск, Челябинск тата Чкалов облаçӗсен командисем хутшӑннӑ.

Ӑмӑртӑва пирӗн республикӑн 9 çынтан тӑракан команди хутшӑннӑ.

Пӗчӗк калибрлӑ винтовкӑран тӗл персе спорт упражненийӗсем тӑвас тӗлӗшпе пирӗн республика команди паха тӗслӗхсем кӑтартнӑ. Команда пурӗ 5.366 очко илсе иккӗмӗш вырӑна тухнӑ, Ульяновск облаçӗн команди кӑна пирӗн республика командинчен пӗшӗт ытларах очко пухнӑ.

Командӑра пулнӑ А. Григорьевпа юлташ 176 очко илсе пӗрремӗш вырӑна тухнӑ. Вӑл пӑшал тӗл перес тӗлӗшпе ӑмӑртӑва хутшӑннӑ спорт мастерӗсенчен те лайӑх тӗслӗх кӑтартнӑ. Ӑна пӗрремӗш степень диплом панӑ. Çавӑн пекех З. Коротков юлташ боевой винтовкӑран 200 метртан тата 300 метртан персе мала тухнӑ, иккӗмӗш степень диплом илме тивӗçлӗ пулнӑ.

Команда участникӗ А. Казаков юлташ боевой винтовкӑран снайперла тӗл пенӗ, куçса çӳрекен мишеньсене персе тивертес тӗлӗшпе лайӑх тӗслӗх кӑтартнӑ. Вӑл вуннӑ мишеньрен тӑвӑтӑ мишене тивертнӗ, диплом илме тивӗçлӗ пулнӑ.

Çак ӑмӑртура Н. Дмитриев юлташ 50 метртан тӗл перес тӗлӗшпе (вырта пенӗ) республикӑн халичченхи рекордне лайӑхлатнӑ.

Пирӗн республика команди ӑмӑртуран пурӗ ултӑ диплом илсе килнӗ.

# Тимлӗ тӑрăшаççӗ

КӲКЕÇ. «Гвардеец» колхоз обществӑллӑ выльӑх-чӗрлӗх ӗрчетмелли государство планне ӑнăçлă пурнӑçласа пырать. Фермӑсенче çӗршер пуç тӗрлӗ выльӑх-чӗрлӗх тата кайӑк-кӗшӗк усраççӗ.

Колхозниксем пӗрлехи пухӑвӗнче хӗçла ӗне, пӑру тата çурӑх витисем тума йышӑннӑ. Кусемсӗр пуçне 100 тонна силос хывмалӑх башня тумалла.

Строительство ӗçӗсене пурнӑçлама колхоз лайӑх хатӗрленчӗ. Хӗллехи вӑхӑтра 400 кубометр ытла йывӑç хатӗрлесе туртса кӑларнӑ. Строительство ӗçӗсем йӳне лартчӑр тата строительствӑра вырӑнти материалсемпе анлӑ усӑ курас тесе, витесене пуре те самана кирпӗчрен тӑваççӗ.

Колхозра 25 çынтан строительство бригади организациленӗ. Ӑна Д. Николаев колхозник ертсе пырать. Бригадир тата Г. Самарин, Е. Васильев колхозниксем районти ялпа колхоз строительстви пайӗ çумӗнче организациленӗ курсран вӗренсе тухнӑ. Строительство бригадине ӗç вайӗпе ӗç хатӗрӗсем ситеклӗх уйӑрса панӑ.

Колхозниксем выльӑх апачӗ ытлӑн-çитлӗн хатӗрлессишӗн те çине тӑрса тӑрăшаççӗ. Ку тӗлӗшпе организациленӗ бригада силос тума ултӑ гектар хӗвелçаврӑнӑш, сакӑр гектар выльӑх кăшманӗ, утӑ тума 30 гектар вика, 91 гектар нумай çул ӳсекен курӑксем акса хӑварчӗ. Çакӑ вӑл иртнӗ çулхинчен икӗ хута яхӑн ытларах пулать.

**А. АЛЕКСЕЕВ.**

# Поездсем çӗнӗ расписани тӑрӑх çӳреççӗ

Майӑн 27-мӗшӗнчен пуçласа поездсем çуллахи çӗнӗ расписани тӑрӑх çӳреме тытӑннӑ.

Хусанпа Шупашкар хушшинче çӳрекен 91-92 номерлӗ поезд Шупашкара хӑрпӑн числисенче ирхине 10 сехет те 39 минутра (Мускав вӑхӑчӗпе) килет. Шупашкартан 14 сехет те 28 минутра тухса каять.

Горькипе Шупашкар хушшинче çӳрекен 41-42 номерлӗ поезд Шупашкара мӑнпарлӑ числисенче 17 сехет те 57 минутра килет те кунтан 21 сехет те 37 минутра тухса каять.

Редактор **В. Я. ЯКОВЛЕВ.**



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5, Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-87, редактор заместителӗ—3-99, ответлӑ секретарь—4-20, секретариат—3-54, промышленноçть пайӗ—5-74, информаци пайӗ—5-74, парти пурнӑç пайӗ—4-17, ялхуçалӑх пайӗ—3-97, пропаганда пайӗ—8-61, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—8-61, çырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 01372 Типографи № 1 Чувашполиграфиздата. Тираж 20.000 экз.